ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛЕШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1953 çул Сентябрь 25 ЭРНЕКУН № 188 (9097)
36-мĕш çул тухать. Хакĕ 20 пус.

## Паянхи номерте:



# Парти вĕренĕвĕн çулне йĕркеллĕн пуçлар

Совет халăхне çул кăтартакан тата ертсе пыракан вăй Коммунистсен партийĕ пулса тăрать. Пирĕн партин хăвачĕ тата унăн иксĕлми вăйĕ—вăл хăйĕн пĕтĕм ĕçне марксистла-ленинла теори вĕрентнĕ тăрăх туса пынинче пулать. Çав теори обществăн материальнăй пурнăç аталанăвĕн ыйтăвĕсене, ĕççыннисен тĕп интересĕсене тĕрĕс çутатса тăрать.

КПСС XIX-мĕш съезчĕ парти организацийĕсене коммунистсемпе кадрсен идейăлла-теориллĕ пĕлĕвĕн шайне ӳстерес ĕçе, кадрсене марксистла-ленинла теорие вĕрентес ĕçе татăклăнах вăйлатма хушрĕ.

Пирĕн республикăри парторганизацисем, съезд решенийĕсене пурнăçласа, парти членĕсемпе кандидачĕсене вĕрентес ĕç çине тата партилле пропагандăн содержанине лайăхлатасси çине тимлĕрех пăхма тытăнчĕç. Анчах эпир ку ĕçре тунă хăшпĕр çитĕнӳсемпех хăпланса лармалла пултараймастпăр. Иртнĕ вĕренӳ çулĕн итогĕсем пире парти ĕçĕн çак питĕ кирлĕ участокĕнче пысăк çитменлĕхсем пуррине кăтартса пачĕç.

Партиллĕ пропаганда ĕçĕнчи тĕп çитменлĕх вăл—нумай кружоксемпе политшкулсенчи занятисен тата лекцисемпе консультацисен идейăлла-теориллĕ шайĕ аялта тăни пулнă. Чылай пропагандистсем занятисене кичем ирттереççĕ, революциллĕ теорие коммунизм тăвас ĕçпе тачă çыхăнтарса ăнлантармаççĕ, теори кăтартнисене пурнăçри тĕслĕхсемпе çирĕплетсе памаççĕ.

Çак çитменлĕхсем партин хула комитечĕсемпе райкомĕсем тата пуçламăш парторганизацисем коммунистсемпе кадрсен марксистла-ленинла вĕренĕвне сӳрĕккĕн ертсе пынă пирки пулнă.

Октябрĕн 1-мĕшĕнче хуласенче те, ялсенче те парти вĕренĕвĕн çĕнĕ çулĕ пуçланать. Çĕнĕ вĕренӳ çулĕнче парти организацийĕсен задачи çакă пулать: парти вĕренĕвĕн пур сыпăкĕсенче те вĕренĕвĕн идейăлла шайне ӳстермелле, революциллĕ теорие начетникла, догматикла вĕренессине пĕтермелле.

Партилле пропагандăра чи кирли вăл—унăн содержанийĕ. Политикăлла вĕренĕве пысăк пахалăхпа туса пырас пулсан, парти организацийĕсен пропагандистсене нимрен ытла теориллĕ тата методикăлла пулăшу парассине лайăхлатмалла, пропагандистсен районти семинарĕсен ĕçне лайăх йĕркелесе ямалла. Малашне çав семинарсене теориллĕ тата методикăлла лекцисем вуласа панипе çеç ирттерни пулмалла мар. Марксизм-ленинизм классикĕсен произведенийĕсене, Коммунистсен партийĕн съезчĕсен, конференцийĕсен, пленумĕсен решенийĕсене тĕплĕн вĕренесси, теориллĕ тата методикăлла ыйтусене творчествăлла сӳтсе явасси семинарсен ĕçĕнче тĕп вырăн йышăнмалла. Пропагандистсен семинарĕсенче марксизм-ленинизмăн тĕп ыйтăвĕсем тăрăх, Коммунистсен партийĕн шалти тата тулашри политикин чи кирлĕ ыйтăвĕсем тăрăх лекцисем ирттермелле, пропагандистсен ĕçĕнчи пĕр-пĕрин опычĕпе пăлламалла.

Халĕ пур хуласемпе районсенче те пропагандистсен пĕрремĕш семинарĕсем пулса иртеççĕ. Унта республика, район, колхоз тата предприяти ĕçне кăтартса паракан материалсем, кружоксемпе политшкулсенче малтанхи темăсене мĕнле вĕренмелли çинчен калакан методикăлла кăтартусем памалла.

Парти вĕренĕвĕн çулĕ пуçланиччен вăхăт нумай юлмарĕ, çапах та партин хăшпĕр хула комитечĕсемпе райкомĕсем вĕренӳ çулне тивĕçлипе хатĕрленсе çитмен-ха. Буславкка районĕнче пропагандистсен кадрĕсене суйласа илсе çирĕплетес ĕçе халĕ те пуçăнман. Чкаловски районĕнчи хăшпĕр пуçламăш парторганизацисем вĕренес текенсен шухăш-кăмăлĕсене тата вĕсен политикăлла пĕлĕвĕсене шута илмен, кашнине малтан каласса пăхман. Вĕсене унсăрах политшкулсемпе кружоксенче вĕренме çырса хунă. Парти вĕренĕвне хĕрарăмсене, суту-илӳпе медицина работникĕсене питĕ çителĕксĕр хутшăнтараççĕ.

Партин хула комитечĕсемпе райкомĕсен, пуçламăш парторганизацисен парти вĕренĕвĕн пур формисене те асра тытмалла, политикăлла вĕренĕве мĕнпур коммунистсемпе кадрсене явăçтармалла, пропагандистсен кадрĕсене суйласа илсе çирĕплетес ĕçе вĕçлесе çитермелле. Вĕренме çурт, çутă, кĕнекесем, нагляднăй пособисем, хут-кăранташ халех тупса хатĕрлес пулать.

Иртнĕ çул нумай кружоксемпе политшкулсен малтанхи занятийĕсенче организацилле ыйтусем çеç татса панă. Политшкулсен, кружоксен тата касхи партшкулсен малтанхи занятийĕнче «Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕ 50 çул тултарни» ятлă тема тăрăх калаçу ирттермелле. Малашнехи занятисенче вара СССР Верховнăй Совечĕн пиллĕкмĕш сессийĕн тата КПСС Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕн материалĕсене вĕренмелле.

Иртнĕ вĕренӳ çулĕнче партин хăшпĕр организацийĕсем марксизм-ленинизм теорине харпăр хăй тĕллĕн вĕренесси хăй тĕллĕн пулса пырасса шаннă, ку ĕçе организацилемен. Çавăн пирки те коммунистсен пĕр пайĕ, чăннипе илсен, пачах вĕренмен. Коммунистсемпе кадрсем харпăр хăй тĕллĕн мĕнле вĕреннине кăçал вĕренӳ çулĕн малтанхи кунĕсенчен пуçласах çирĕп контроль туса пымалла, вĕсене тăтăшах пулăшас тĕлĕшпе квалификациллĕ лекцисем вуласа пани тата вĕсемпе консультацисемпе теориллĕ калаçусем ирттерни кирлĕ.

Партин хăшпĕр хула комитечĕсемпе райкомĕсем политикăлла пĕлӳлĕхе харпăр хăй тĕллĕн хăпартас тĕлĕшпе ĕçлекен коммунистсене нумайăшне теориллĕ семинарсене кĕртме тăрăшаççĕ. Капла туни тĕрĕс мар. Харпăр хăй тĕллĕн вĕренес енĕпе опыт илнĕ коммунистсене кружоксемпе семинарсене кĕртме кирлĕ мар.

Партин хула комитечĕсемпе райкомĕсем çĕнĕ вĕренӳ çулĕнче ертсе пыракан кадрсен политикăлла вĕренĕвне тимлесех организацилеме тата пуçламăш шкул пĕтермен коммунистсене пĕтĕмĕшле пĕлӳ илес ĕçре пулăшма тивĕç.

Парти вĕренĕвĕ ăнăçлă пулса пырасси партин хула комитечĕсемпе райкомĕсем, вĕсен пропаганда пайĕсем кашни парторганизацире политикăлла вĕренĕве тĕплĕн йĕркеленинчен, идеологилле ĕçĕн çак чи кирлĕ участокне куллен ертсе пынинчен килет. Партилле пропаганда ыйтăвĕсем мĕнпур парти организацийĕсен ĕçĕнче тĕп вырăн йышăнмалла.

Парти вĕренĕвне лайăх йĕркелес тесен, ку ĕçшĕн кашни пуçламăш парторганизацин, кашни коммунистăн ответлăхне ӳстерес пулать. Çакна палăртмалла: уйрăм коммунистсем хăйсен идейăлла-политикăлла пĕлĕвĕсене ӳстерес тĕлĕшпе нимĕн те туманнипе хăшпĕр пуçламăш парторганизацисем килĕшсе тăраççĕ, политикăлла вĕренӳ ыйтăвĕсене парти пухăвĕсенче сӳтсе явмаççĕ. Çапла, сăмахран, иртнĕ вĕренӳ çулĕнче коммунистсемпе кадрсен вĕренĕвĕ çинчен Йĕпреç районĕсенчи 60 пуçламăш парторганизацирен 37-шĕ çеç сӳтсе явнă.

Парти организацийĕсен политикăлла вĕренĕве йĕркелесе яма комсомол организацийĕсене те ăслă пулăшу парас пулать, занятисен идейăлла содержанине тăтăшах тĕрĕслесе тăмалла, комсомолецсемпе союзра тăман çамрăксен политикăлла вĕренĕвĕн ыйтăвĕсене час-часах парти пухăвĕсенче сӳтсе явмалла. Комсомол политшкулĕсемпе кружовĕсене ертсе пыракан коммунистсен комсомолец-пропагандистсене паха тĕслĕхсем кăтартмалла.

Парти вĕренĕвĕн çулне хатĕрленес ĕçри çитменлĕхсене хăвăрт пĕтересси, вĕренӳ çулне йĕркеллĕ пуçласси, партилле пропагандăна малашне çӳлĕрех сыпăка хăпартасси—партин хула комитечĕсемпе райкомĕсен тата пуçламăш парторганизацисен пысăк тивĕçĕ.

### Монголи Халăх Республикин Аслă Халăх Хурал Президиумне Монголи Халăх Республикин Министрĕсен Советне

Улан-Батор

СССР Верховнăй Совет Президиумĕ тата ССР Союзĕн Министрĕсен Совечĕ Монголи Халăх Республикин Аслă Халăх Хурал Президиумне тата Министрсен Советне йывăр çухату пулнă—Монголи Халăх Республикин Аслă Халăх Хурал Президиумĕн Председателĕ Г. Бумаценде вилнĕ пирки чĕререн хурланни çинчен пĕлтереççĕ.

**СССР ВЕРХОВНАЙ СОВЕТ ПРЕЗИДИУМĔ. ССР СОЮЗĔН МИНИСТРĔСЕН СОВЕЧĔ.**

1953 çулхи сентябрĕн 23-мĕшĕ.

### Монголи Халăх Республикин Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министерствине

Улан-Батор

СССР Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министерстви Монголи Халăх Республикин Аслă Халăх Хурал Президиумĕн Председателĕ Г. Бумаценде вилнĕ пирки чĕререн хурланни çинчен пĕлтерет.

**СССР ЮТ ÇĔРШЫВ ĔÇĔСЕН МИНИСТЕРСТВИ.**

1953 çулхи сентябрĕн 23-мĕшĕ.

# Республикăри ĕççыннисем ялхуçалăхне малалла вăйлатассишĕн вăя шеллемесĕр ĕçлеççĕ

## Хăватлă ĕçлеме хавхалантаракан постановлени

Пирĕн колхозри колхозниксемпе колхозницăсем КПСС Центральнăй Комитечĕн Пленумĕ ССР Союзĕн ялхуçалăхне малалла аталантармалли мерăсем çинчен йышăннă постановление пысăк хаваслăхпа кĕтсе илчĕç.

Эпир кăçалхи ялхуçалăх ĕçĕсене вăхăтра туса пыратпăр. Тырăсене тата техникăлла культурăсене кĕске вăхăтра вырса капана хыврăмăр. Халĕ авăн çапатпăр тата çĕрулми кăларатпăр. Тырпул тухăçлăхĕ начар мар, гектартан вăтам шутпа 15—16 центнертан кая мар тĕштырă тухать. Колхозниксене кашни ĕçкунĕ пуçне 2,5 килограмм тĕштырă, 2 килограмм çĕрулми, 1 килограмм пахча çимĕç, 1,5 килограмм выльăх апачĕ, 1 тенкĕ укçа валеççе паратпăр.

Çапах та пирĕн тырпул тухăçлăхĕ çителĕклĕ мар-ха. КПСС Центральнăй Комитечĕн Пленумĕ йышăннă постановление сӳтсе явнă чухне колхозниксем пирĕн çĕрсем çинче 18 центнертан кая мар тырă туса илме май пуррине кăтартса пачĕç. Анчах çакă ĕçлемесĕр, вăй хумасăр пулмасть. Эпир халех çитес çулхи вăйлă тырпулшăн анлă кĕрешӳ пуçарса ятăмăр. Кĕрхи тырăсене пĕтĕмпех сортлă вăрлăхсемпе тата агротехника кăтартнă срокĕсенче акса хăвартăмăр. Кĕртыррисем акнă пусăсенчи кашни гектар пуçне 20-шер тонна тислĕк кăларнă. минераллă удобренисем нумай тăкнă. Калчасем лайăх ӳсеççĕ.

Çитес çуркунне суртрисем 260 гектар акмалла. Çак пĕтĕм çĕр лаптăкне октябрĕн 5-мĕшĕччен кĕрхи çĕртме туса хăваратпăр. Çуркунне акма паха вăрлăх хатĕрлерĕмĕр. Хĕллехи вăхăтра вырăнти тата минераллă удобренисем нумай хатĕрлетпĕр.

Тырпул тухăçлăхне ӳстерес ĕçре колхозсене МТС пысăк пулăшу пама тивĕçлĕ. Анчах вăл халлĕхе çак пулăшăва вăхăтра параймасть, договорпа тумалли нумай ĕçсене тăваймасть. Пирĕн колхоз райсемхоз пулнă май комбайн пирĕн колхоза чĕ малтан илсе килмелле. Вăхăтра килеймерĕ. Колхоза килсен те комбайна темиçе хутчен те ыгти колхозсене иле-иле кайрĕç. Паллах ĕнтĕ, çакăн пек ĕçленĕ пирки колхозăн тырпул тухăçлăхĕ мĕн чухлĕ те пулин чакнă. Договор тăрăх МТС-ăн 150 тонна тырă çапса памалла пулсан, мĕн пурĕ те 15 тонна кăна çапнă-ха. Договорта кăтартнă хăшпĕр ĕçсене МТС пачах пурнăçламасть. 20 гектар çине çĕрулми лартса, 160 тонна вăрăх тасатса памалла пулсан, ку ĕçсене МТС пурнăçламарĕ. КПСС Центральнăй Комитечĕн Пленумĕ йышăннă постановленипе МТС-сем халлĕхе начар ĕçленине, вĕсен ĕçне тĕпренех урăхлатса çĕнетме кирлине тĕрĕс кăтартса панă.

Выльăх-чĕрлĕх ĕрчетмелли государство плăнне çулсеренех тултаратпăр. Анчах выльăх-чĕрлĕх тухăçлăхĕ питех те пĕчĕккĕ. Мĕнрен килет-ха çакă? Пĕррремĕш сăлтавĕ—пирĕн выльăхсем ăратлă мар. Ĕнесем пурте вырăнти ăратлисем. Сурăхсем те çавах. Вăтам шутпа эпир сăвакан кашни ĕнерен 700—800 литртан ытла нихçан та сĕт суса илмен. Выльăх-чĕрлĕхĕн тухăçлăхне хăпартас пулсан, ăратлăхне тĕпренех лайăхлатмалла. Çĕнĕ постановление сӳтсе явнă май, пирĕн колхозниксем çитес 2—3 çул хушшинче ĕнесене пĕтĕмпех ярославски ăратлисене, сурăхсене советски цыгай тата меринос ăратлисене тунас задача лартрĕç. Çакна тума пирĕн пур майсем те çителĕклĕ. Республикăн Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерствин тата районти ялхуçалăхĕпе хатĕрлев управленийĕн колхозсене çак ĕçре пулăшмалла. Колхозсем валли ăратлă выльăхсем кӳрсе килессине вăйлатмалла.

Выльăхсене пăхса усрас ĕçре те çитменлĕхсем нумай-ха. Çакă выльăхсен тухăçлăхне хăпартма чăрмантарать. Кăçал эпир выльăх-чĕрлĕх валли апат çителĕклĕ хатĕрлерĕмĕр. Выльăх-чĕрлĕх валли çĕрулми кирлĕ чухлĕ уйăрса паратпăр. Çитес çултан пуçласа çĕрулми лартмалли лаптăка пысăклататпăр, унăн тухăçлăхне 190—200 центнера çитерессишĕн кĕрешетпĕр. Çапла вара выльăхсем валли çĕрулми тата ытларах уйăрса пама пулать. Улăх-çарансенчен ытларах утă пухса илес тесе çитес çул улăха курăк вăррисем акатпăр.

Выльăх-чĕрлĕхсене усрамалли çуртсем пирĕн начар мар. Витесене çĕнетсех пыратпăр. Кăçал типовой проект тăрăх лаша витипе ĕне вити туса çитеретпĕр. Çитес çул 1.000 чăх-чĕп, 50 пуç сысна ами вырнаçмалăх çуртсем тăватпăр.

Эпир партипе Совет правительстви ялхуçалăхне малалла аталантарассишĕн, колхоз ĕçченĕсен пурнăçне лайăхлатассишĕн куллен тăрăшнине курса тăратпăр. КПСС Центральнăй Комитечĕн Пленумĕ ССР Союзĕн ялхуçалăхне малалла аталантармалли мерăсем çинчен йышăннă постановлени çавна тата тепĕр хут кăтартса пачĕ. Çак постановленипе хавхаланса, пирĕн колхозниксем сентябрĕн 25-мĕшĕ тĕлне çĕрулми кăларса пĕтерсе государствăна парса татма, октябрь уйăхĕ пуçланнă тĕле авăн çапса пĕтерме сăмах пачĕç. Колхозниксен сăмахĕ—çирĕп сăмах. Çак обязательствăна пурнăçлассишĕн пур бригадăсенче те социализмла ăмăрту анлăн сарăлса кайрĕ.

**Н. ФЕДОРОВ,**
Сĕнтĕр районĕнчи «Çĕнĕ Юнга» колхоз председателĕ.

## ПЫСĂК ХАВАСЛĂХПА

Пирĕн колхоз членĕсем кăçал пысăк хастарлăхпа ĕçлерĕç. Вĕсене уйрăмах СССР Верховнăй Совечĕн пиллĕкмĕш сессийĕ йышăннă решенисем тата Г. М. Маленков юлташ сессире каланă сăмах ĕçре пысăк çитĕнӳсем тума хавхалантарчĕç. Колхозра ялхуçалăх ĕçĕсем вăхăтра тата йĕркеллĕ пулса пычĕç. 225 гектар çинчи кĕрхи тырăсене 7 кун хушшинче, 204 гектар çинчи çурхи тырăсене 10 кун хушшинче вырса пĕтертĕмĕр. Колхозниксем вырнă тырă кĕлтисене çийĕнчех итем çине турттарса капана хывса пычĕç. Кĕлтесене капана хывас ĕçре 60 çултан иртнĕ П. Смирновпа Н. Антонов колхозниксем тăрăшса ĕçлерĕç. вĕсем çамрăк колхозниксене те капансем тума вĕрентрĕç.

Авăн çапас ĕçре пире МТС нумай пулăшрĕ. МК-1100 молотилка кунĕн-çĕрĕн ĕçлерĕ. Сентябрĕн 11-мĕшĕ тĕлне колхоз авăн çапса пĕтерчĕ.

Тырпула уйран пуха кĕртес тата авăн çапас ĕçре уйрăмах Н. Павлов юлташ ертсе пыракан 3-мĕш бригада малта пычĕ.

Элĕк районĕнчи Суворов ячĕпе тăракан колхоз председателĕ И. Нузьмин юлташ каласа пани

Ку бригада пуриччен малтан авăн çапса пĕтерсе ытти бригадăсене пулăшрĕ, социализмла ăмăртура мала тухрĕ.

Пирĕн колхоз пирвайхи тивĕçе — государствăна тырă памалли обязательствăна срокчен пурнăçларĕ.

Çитес çулхи вăйлă тырпулшăн тăрăшса, эпир кĕраки планне ытлашшипех тултартăмăр. Кĕрхи тырăсене 7 кун хушшинче сортлă вăрлăхсемпе акса хăвартăмăр. Техникăлла культурăсене вăхăтра пухса кĕртрĕмĕр. Кантăра çапнă тата шыва хутнă. 10 гектар çинчи вăрлăхлăх хăварнă клевера комбайнпа пухса кĕртнĕ. Самоходнăй комбайн комбайнерĕ Г. Александров юлташ клевера пĕр тăкалаймасăр, тăрăшса вырчĕ.

Колхозниксем халĕ çĕрулми кăлараççĕ. Кăларнă çĕрулмине типĕтсе, подвалсене кĕртетпĕр тата государствăна лесетпĕр.

Тырпул тухăçлă пулчĕ. Халĕ колхозниксем ĕçкунĕсем тăрăх тырă илеççĕ. Колхозра тăрăшса ĕçлекен колхозниксем аванс шучĕпе чылай тырă илчĕç. Акă М. Сидорова колхозница çемйи аванс шучĕпе 733 килограмм, С. Михайлов колхозник çемйи 728 килограмм, Е. Михайлов колхозник çемйи 715 килограмм тырă илчĕç.

Колхозниксем, КПСС Центральнăй Комитечĕн Пленумĕ ялхуçалăхне малалла аталантармалли мерăсем çинчен йышăннă постановленипе паллашнă хыççăн, артель хуçалăхне тĕрекленетессишĕн, общество выльăх-чĕрлĕх ытларах ĕрчетессишĕн социализмла ăмăртăва анлăрах сарса ячĕç. Фермăсен çурчĕсене хĕле хатĕрлеме тытăнтăмăр, выльăхсене хĕлле çитерме çителĕклĕ апат хатĕрлетпĕр. Колхозниксем силос хываççĕ тата ытти ĕçсенче те ĕçлеççĕ.

КПСС Центральнăй Комитечĕн Пленумĕ йышăннă постановлени колхоз ĕçченĕсене тата пысăкрах çитĕнӳсем тума хавхалантарать.

## Механизаторсем пулма кăмăл тăваççĕ

КАЛИНИНО. Çак кунсенче районти комсомолецсемпе çамрăксем 14 çын ялхуçалăхĕн механизаци училищисене вĕренме кайма МТС-а заявлени панă. Отечественнăй Аслă вăрçăччен тракторист пулса ĕçленĕ Г. Бычков юлташ Совет Çарĕнчен таврăннă хыççăн тăван колхозĕнче ĕçлеме юлнă. Партин Центральнăй Комитечĕн Пленумĕ «ССР Союзĕн ялхуçалăхне малалла аталантармалли мерăсем çинчен» йышăннă постановленипе тĕплĕн паллашнă хыççăн, Бычков юлташ каллех МТС-ра тракторист пулса ĕçлеме кăмăл турĕ.

И. Степанов юлташ çак кунсенче Совет Çарĕнчен таврăннă. Вăл та тракторист пулса ĕçлеме илме ыйтса МТС-а заявлени çырса пачĕ.

**М. ВАСИЛЬЕВ.**
(Хамăр корр.).

## Рабочисен сăмахĕ

ÇĔМĔРЛЕ. «Большевик» завод коллективĕ КПСС Центральнăй Комитечĕн пленумĕ «ССР Союзĕн ялхуçалăхне малалла аталантармалли мерăсем çинчен» йышăннă постановление пысăк хавхаланупа кĕтсе илчĕ. Историллĕ постановление заводри пур цехсенче те пысăк тимлĕхпе вĕренеççĕ. Рабочисем, инженерсемпе техниксем Пленум постановленине пурнăçлас тĕлĕшпе хăйсем мĕн тума пултарнине пĕтĕмпех тума пулаççĕ.

— Пирĕн завод,—терĕ Александр Мелзяев юлташ,—тир-сăран завочĕсене сăран тума экстракт парса тăрать. Урăхла каласан, эпир халăха куллен кирлĕ таварсем ытларах туса кăларас тĕлĕшпе партипе правительство лартнă задачăсене пурнăçлатпăр. Завод плана тултарса пырать пулин те, пирĕн ĕçе лайăхлатма пысăк майсем пур. Çакна тума кашни рабочи ĕçне тĕрĕс йĕркелемелле тата технологи дисциплинине çирĕппĕн пăхăнса пымалла.

Завод коллективĕ çулталăкри плана декабрĕн 20-мĕшĕ тĕлне тултарма, ĕç тухăçлăхне ӳстерме, продукцин хăйне ларакан хакне йӳнетме обязательство илчĕ.

**И. ЕВГЕНЬЕВ.**

КПСС Центральнăй Комитечĕн Пленумĕ Тăван çĕршывăн ялхуçалăхне малалла аталантармалли мерăсем çинчен йышăннă постановление Хĕрлĕ Чутай МТС-ĕнчи механизаторсем пысăк хавасаăхпа кĕтсе илчĕç.

МТС-ри лайăх ĕçлекен бригадăсенчен пĕри—М. П. Палейкин ертсе пыракан бригада тракторсемпе ĕçлемелли çулталăкри плана сентябрĕн 20-мĕшĕ тĕлне 93 процент тултарнă. Трактористсем плана ирттерсе тултарма тăрăшаççĕ.

УКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: Хĕрлĕ Чутай МТС-ĕнчи 5-мĕш бригадăн бригадирĕ М. П. Палейкин (сулахайри) тата А. Д. Жидков тракторист.

Г. ЗИНЬКОВ фотоӳкерчĕкĕ.

## Çулталăкри плана тултарнă

«Волгохимлес» треста пăхăнса тăракан химлесхозра ĕçлекен рабочисемпе служащисем, Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕ йышăннă решенисене пурнăçлассишĕн ăмăртса, чылай çитĕнӳсем турĕç. Трест сухăр хатĕрлемелли çулталăкри плана срокчен тултарчĕ. Кăçал сухăр, пĕлтĕрхипе танлаштарсан, 2,7 миллион тенкĕлĕх ытларах хатĕрленĕ.

Социализмла ăмăртура уйрăмах Улатăрти хуçалăх коллективĕ паха тĕслĕхсем кăтартрĕ. Вăл çулталăкри плана августăн 28-мĕшĕ тĕлне тултарчĕ, ун хыççăн сухăр та чылай хатĕрлерĕ.

Сухăр хатĕрлекенсем промышленность предприятийĕсене кирлĕ чĕртавар — сухăр ытларах хатĕрлесе парассишĕн вăя шеллемесĕр ĕçлеççĕ.

**П. ЖИКИН,**
«Волгохимлес» тресчĕн управляющийĕ.

## Улатăрти предприятисенче

Улатăр хулинчи промкомбинат коллективĕ ĕççыннисем валли йĕлтĕр тата хут купăс ытларах туса кăларассишĕн, продукци пахалăхне лайăхлатассишĕн кĕрешет. Комбинат продукци туса кăлармалли виççĕмĕш кварталти. çавăн пекех тăхăр уйăхри плана срокчен тата ирттерсе тултарчĕ. Июль уйăхĕнче пĕрремĕш сорт йĕлтĕр 57 процент туса кăларнă пулсан, август уйăхĕнче çавăн пек продукци 68,8 процент пулнă.

Комбинат коллективĕ çулталăкри плана декабрĕн 5-мĕшĕ тĕлне тултарма, ĕç тухăçлăхне ӳстерме, чĕртаварпа топливо перекетлеме сăмах пачĕ. Цехсемпе бригадăсенче социализмла ăмăрту сарăлса пырать. А. Кузина настройщица, комсомолка Г. Колосова тата М. Беспечнова станочницăсем тата малта пыракан ытти рабочисем ĕç нормине тăтăшах ирттерсе тултараççĕ, паха детальсем туса кăлараççĕ.

А. Казаков комсомолец — çамрăк рабочи. Ăна ученикран сборщика куçарнăранпа вăхăт нумай иртмен. Апла пулин те вăл иртнĕ уйăхри нормăна чылай ирттерсе тултарчĕ, халĕ ĕç нормине 150 процент ытла тултарса пырать. Пурĕ 37 рабочи 1954-мĕш çул шучĕпе ĕçлет.

Комбинат туса кăларакан таварсене суту-илӳ организацийĕсем кăмăлласа туяççĕ. Кунта тăвакан йĕлтĕрсемпе хут купăссене республика тулашĕнчи хуласемпе ялсене те чылай ăсатаççĕ.

**А. ЕВСЕЕВ.**

* * *

Аш-какай комбинатĕнче кăçалхи сичĕ уйăх хушшинче ĕç тухăçлăхне 30 процент ытларах ӳстернĕ. Рабочисенчен çурри ытла стахановецсем. Ăмăртура колбаса тăвакан цех малта пырать.

* * *

Торф предприятийĕн коллективĕ сезонти плана 5 процент ирттерсе тултарчĕ. Кăларнă торфа вăхăтра типĕтрĕç. Торф кăларнă çĕрте элеваторла машина (бригадирĕ Самаркин юлташ) ăнăçлă ĕçлерĕ. Ку машинăпа ĕçлесе сезонти плана 125 процент тултарнă.

**Н. АННЕНКОВ.**

* * *

Çулталăкри производство планне срокчен тултарассишĕн кĕрешсе, Улатăрти пăравуссем юсакан заводри кустăрмасем юсакан цех коллективĕ пысăк çитĕнӳсем турĕ. Иртнĕ уйăхра цех вунă уйăхри плана тултарса çитерчĕ.

Пăравус кустăрмисем юсакан цехра ĕçлекен Кульковпа Клипиков токарьсем иртнĕ уйăхра икшер уйăх нормине тултарчĕç. Егоров, Земсков, Семенов, Грунинский, Артюшкин тата Ванюхин токарьсем те ĕçре лайăх тĕслĕхсем кăтартаççĕ.

Кустăрмасем юсакан цех коллективĕ халĕ ноябрь уйăхĕ шучĕпе ĕçлет.

**А. СМИРНОВ.**

## Планран ирттерсе 100 пин метр пир-авăр

Мускаври Петр Алексеев ячĕпе тăракан фабрика пысăк пахалăхлă пир-авăр тĕртсе кăларать. Сакăр уйăх çурă хушшинче фабрика çĕршыва планран ирттерсе 100 пин метр ытла паха йышши пир-авăр панă.

Таса çăмран пир-авăр тĕртсе кăларасси чылай ӳснĕ. Хальхи вăхăтра фабрика «Деми», «Московский», «Фроте» йышши паха драп çулталăк пуçламăшĕнче кăларниччен пĕр хут çурă ытларах туса кăларать. (ТАСС).

### ÇИТЕС ÇУЛШĂН АШ-КАКАЙ ПАНĂ

ТĂВАЙ. «Искра Ильича» колхоз кашни çулах государствăна выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем памалли обязательствăна срокчен тултарать. Кăçал та сентябрĕн 15-мĕшĕ тĕлне государствăна аш-какай парса татнă, çитес çулшăн та чылай панă.

**А. НИКОЛАЕВ.**

# СССР Верховнăй Совет Президиумĕн УКАЗĔ

## Хусан чугун çулĕн ертсе пыракан профессиллĕ работникĕсене, аслă тата вăтам начальникĕсене орденсемпе тата медальсемпе наградăласси çинчен

### Чăваш республики тăрăх

СССР Верховнăй Совет Президиумĕ 1949 çулхи июлĕн 28-мĕшĕнче кăларнă Указпа килĕштерсе, чугун çул транспортĕнче нумай вăхăт ĕçленĕшĕн çак юлташсене наградăлас:

#### ЛЕНИН ОРДЕНĔПЕ

1. Александр Никифорович Антонова—çул обходчикне.
2. Иван Иванович Бочкова—стрелочника.
3. Николай Александрович Верясинна—поездри вагон мастерне.
4. Александр Ксенофонтович Волкова—пăравус деповĕн машинистне.
5. Василий Яковлевич Григорьева — поездри вагон мастерне.
6. Петр Николаевич Егорова—поездри вагон мастерне.
7. Иван Ильич Есина—отделени инструкторне.
8. Семен Тимофеевич Калмыкова—пăравус деповĕн дежурнăйне.
9. Алексей Михайлович Ночеткова — вагон участокĕн мастерне.
10. Дмитрий Сергеевич Лямаева—çул мастерне.
11. Тихон Иванович Магина—участокри ревизор-инструктора.
12. Николай Алексеевич Морозова — пăравус деповĕн машинистне.
13. Иван Егорович Моторнова—пăравус деповĕн машинистне.
14. Александр Дмитриевич Павленкова—пăравус деповĕн приемщикне.
15. Николай Иванович Подуздикова — главнăй кондуктора.
16. Александр Павлович Ситова—поездри вагон мастерне.
17. Михаил Алексеевич Соколова — участокри ревизор помощникне.
18. Михаил Георгиевич Соколова — отделенири аслă коммерчески ревизора.
19. Николай Яковлевич Суягина—пăравус деповĕн машинистне.
20. Иван Михайлович Фурманина — отделенири коммерчески ревизора.
21. Иван Яковлевич Яковлева—çул дистанцийĕн контрольнăй нормировщикне.

#### ĔÇЛĔХ ХĔРЛĔ ЯЛАВ ОРДЕНĔПЕ

1. Александр Васильевич Андреичева—транспортпа экспедици кантурĕн начальникне.
2. Михаил Николаевич Антонова—радио-электромеханика.
3. Александра Петровна Ахантьевăна—пăравус деповĕн начальникĕн помощникне.
4. Павел Федорович Беленкова—пăравус деповĕн машинистне.
5. Яков Иванович Белопасцева—çул дистанцийĕн техникне.
6. Илья Моисеевич Бурмистрова—пăравус деповĕн машинистне.
7. Николай Гордеевич Васина—çул бригадирне.
8. Степан Иванович Вихляева—пăравус деповĕн мастерне.
9. Габдрахман Газизович Газизова — çул бригадирне.
10. Алексей Антонович Гусенкова — поездри вагон мастерне.
11. Сергей Сергеевич Гуськова — стрелочника.
12. Федор Ефимович Дмитриева — разъездри дежурнăя.
13. Евгения Никодимовна Духовăна — аслă бухгалтера.
14. Степан Захарович Евстигнеева — çул бригадирне.
15. Павел Игнатьевич Игнатьева — главнăй кондуктора.
16. Владимир Иванович Каяшева — разъезд начальникне.
17. Егор Яковлевич Кичигина—участокри поездсен ревизор-контролерне.
18. Григорий Николаевич Кобина — çул бригадирне.
19. Николай Осипович Ковшова—вагонсене пăхакан аслă осмотрщика.
20. Александр Васильевич Кошелькова—стрелочника.
21. Сергей Александрович Кузнецова—пăравус деповĕн машинистне.
22. Сергей Яковлевич Кузнецова — поездри вагон мастерне.
23. Мария Степановна Куприяновăна—стрелочника.
24. Георгий Васильевич Листкова — разъездри дежурнăя.
25. Василий Александрович Маридантова—участокри вагон мастерне.
26. Егор Васильевич Медведева — станцири дежурнăя.
27. Федор Иванович Ортина—участокри ревизора.
28. Прасковья Георгиевна Павловăна—пăравус деповĕн машинистне.
29. Григорий Александрович Пензина—пăравус деповĕн машинистне.
30. Степан Кузьмич Помазова—станцири дежурнăя.
31. Яков Антонович Рузанова—пăравус деповĕн машинистне.
32. Михаил Титович Семикина—вагонсене пăхакан аслă осмотрщика.
33. Матвей Михайлович Слугина—поездри вагон мастерне.
34. Владимир Александрович Спиридонова—пăравус деповĕн машинистне.
35. Александр Михайлович Терюкалова—пăравус деповĕн машинист-инструкторне.
36. Павел Тимофеевич Тимофеева — разъездри дежурнăя.
37. Александр Осипович Тихонова — пăравус деповĕн машинистне.
38. Иван Николаевич Усягина—стрелочника.
39. Максим Федорович Фадеева—поездри вагон мастерне.
40. Евгений Иванович Федорова — пăравус деповĕн машинистне.
41. Тимофей Федотович Федотова—çул бригадирне.
42. Анастасия Федоровна Чибизовăна—çул мастерне.
43. Степан Андреевич Чиркова — разъездри дежурнăя.
44. Николай Григорьевич Юрьева — пăравус деповĕн машинистне.
45. Никифор Алексеевич Юшкова — главнăй бухгалтера.
46. Герасим Якимович Якимова—стрелочника.
47. Анатолий Константинович Яковлева—пăравус деповĕн техника кабинечĕн заведующине.

#### «ĔÇРИ ХАСТАРЛĂХШĂН» МЕДАЛЬПЕ

1. Михаил Александрович Александрова—станцири дежурнăя.
2. Петр Ильич Андоськина—пăравус деповĕн машинистне.
3. Никифор Васильевич Архипова — çул обходчикне.
4. Алексей Ильич Ахантьева—пăравус деповĕн машинистне.
5. Анисим Терентьевич Бальдерова — çул обходчикне.
6. Павел Семенович Богомазова — подстанци начальникне.
7. Андрей Максимович Ботейкова — çул обходчикне.
8. Анна Ивановна Бурмистровăна — стрелочника.
9. Сергей Васильевич Васильева — станцири дежурнăя.
10. Иван Федотович Веселова — çул мастерне.
11. Семен Максимович Волкова—çул обходчикне.
12. Александр Максимович Волобуева—пăравус деповĕн начальникĕн заместительне.
13. Алексей Иванович Горохова—поездри вагон мастерне.
14. Евграф Григорьевич Григорьева — разъездри дежурнăя.
15. Клавдия Ильинична Дитятьевăна—пăравус деповĕн машинистне.
16. Петр Константинович Дмитриева—станцири дежурнăя.
17. Михаил Иванович Добрынкина — поездри вагон мастерне.
18. Алексей Егорович Егорова—стрелочника.
19. Мария Егоровна Егоровăна—стрелочника.
20. Петр Ефимович Ефимова — çул бригадирне.
21. Иван Егорович Захарова—пăравус деповĕн машинистне.
22. Петр Дмитриевич Зинина—поезд начальникне.
23. Григорий Иванович Иванова — пăравус деповĕн машинистне.
24. Леонтий Иванович Иванова—çул обходчикне.
25. Максим Иванович Иванова—çул бригадирне.
26. Семен Андреевич Игнатьева—çул обходчикне.
27. Татьяна Ивановна Киреевăна — стрелочника.
28. Иван Васильевич Комарова—разъездри дежурнăя.
29. Илья Константинович Константинова—пăравус деповĕн машинистне.
30. Анна Михайловна Кошнинăна — пăравус деповĕн машинистне.
31. Михаил Михайлович Красикова — пăравус деповĕн машинистне.
32. Иван Николаевич Лемесева — пăравус деповĕн машинистне.
33. Яков Илларионович Лисина—пăравус деповĕн машинистне.
34. Григорий Лукич Лунина—çул бригадирне.
35. Петр Максимович Максимова—çул обходчикне.
36. Григорий Малофеевич Малофеева—поездсен составительне.
37. Владимир Васильевич Минеева — çул обходчикне.
38. Александр Васильевич Миронова—пăравус деповĕн машинистне.
39. Николай Яковлевич Муравьева — поездри вагон мастерне.
40. Александр Владимирович Недвигина—пăравус деповĕн машинистне.
41. Николай Никандрович Никандрова—çул обходчикне.
42. Иван Никитич Никитина—çул обходчикне.
43. Сергей Иванович Никишина—поездри вагон мастерне.
44. Кузьма Николаевич Николаева — поездсен составительне.
45. Петр Николаевич Николаева—поездсен составительне.
46. Неонила Степановна Нянинăна — стрелочника.
47. Гаврил Павлович Павлова—вагонсене пăхакан аслă осмотрщика.
48. Михаил Павлович Павлова — разъезд начальникне.
49. Семен Павлович Павлова — çул бригадирне.
50. Николай Петрович Рощина—поездри вагон мастерне.
51. Християния Порфирьевна Рубцовăна—çул обходчикне.
52. Иван Егорович Рыжакова—электромеханика.
53. Афанасий Федорович Садикова — çул обходчикне.
54. Василиса Ермолаевна Солдатовăна—стрелочника.
55. Семен Миронович Тарасова — çул бригадирне.
56. Михаил Егорович Тимофеева — станцири дежурнăя.
57. Петр Тихонович Тихонова — çул обходчикне.
58. Семен Осипович Уральскине — çул обходчикне.
59. Ольга Федоровна Устимовăна — главнăй бухгалтера.
60. Трофим Васильевич Ухачева—çул обходчикне.
61. Петр Иванович Фролова—стрелочника.
62. Михаил Кириллович Шапкина — разъездри дежурнăя.
63. Андрей Петрович Шиянова—электромеханика.
64. Филипп Яковлевич Яковлева—çул обходчикне.

#### «ĔÇРЕ ПАЛĂРНĂШĂН» МЕДАЛЬПЕ

1. Яков Андреевич Андреева—постри дежурнăя.
2. Клавдия Андрияновна Андрияновăна—разъездри дежурнăя.
3. Марфа Андреевна Арефьевăна—çул обходчикне.
4. Владимир Алексеевич Артемьева — пăравус деповĕн машинистне.
5. Нина Архиповна Архиповăна—çул обходчикне.
6. Николай Иванович Ахаева—çул обходчикне.
7. Николай Борисович Бакулина—пăравус деповĕн машинистне.
8. Федор Андреевич Бакулина—пăравус деповĕн машинистне.
9. Любовь Андреевна Бирюковăна — стрелочника.
10. Елизавета Андреевна Бузлаевăна—главнăй бухгалтер заместительне.
11. Андрей Ильич Ванява—çул обходчикне.
12. Анна Васильевна Васильевăна — стрелочника.
13. Мария Васильевна Васильевăна — стрелочника.
14. Алексей Васильевич Васюхина — поездри вагон мастерне.
15. Мария Ильинична Владимировăна—стрелочника.
16. Василий Иванович Власова—вагонсен участокĕн начальник заместительне.
17. Мария Александровна Гавриловăна—çул обходчикне.
18. Надежда Федоровна Гавриловăна—электромеханика.
19. Александр Никитич Григорьева — электромеханика.
20. Екатерина Степановна Денисовăна—разъездри дежурнăя.
21. Клавдия Денисовна Денисовăна — çул обходчикне.
22. Анастасия Димитриевна Димитриевăна—çул обходчикне.
23. Дмитрий Алексеевич Евдокимова—пăравус деповĕн машинистне.
24. Сергей Егорович Егорова—станцири дежурнăя.
25. Екатерина Николаевна Егоровăна—çул обходчикне.
26. Алексей Васильевич Ермишина — çул обходчикне.
27. Иван Михайлович Запольнова—пăравус деповĕн машинистне.
28. Семен Яковлевич Иванова — çул бригадирне.
29. Степан Платонович Иванова—çул обходчикне.
30. Анна Ивановна Ивановăна—çул бригадирне.
31. Клавдия Васильевна Игнатьевăна—разъездри дежурнăя.
32. Мария Андреевна Илюшкинăна — çул обходчикне.
33. Сергей Никитович Кабаева—çул обходчикне.
34. Екатерина Игнатьевна Казановăна—çул обходчикне.
35. Борис Федорович Казикова—пăравус деповĕн машинистне.
36. Валентин Андреевич Киреева — çул мастерне.
37. Нина Андреевна Киреевăна—çул обходчикне.
38. Николай Ильич Кириллова—электромеханика.
39. Садок Михайлович Кириллова — пăравус деповĕн машинистне.
40. Петр Константинович Климова — электромеханика.
41. Людмила Ивановна Клочковăна—стрелочника.
42. Николай Михайлович Ковшова — вагон деповĕн мастерне.
43. Виктор Захарович Комова — çул бригадирне.
44. Иван Яковлевич Коровина — çул бригадирне.
45. Иван Филиппович Кочеткова—çул обходчикне.
46. Иван Алексеевич Кудашова—стрелочника.
47. Антонина Васильевна Кудельникинăна—электромеханика.
48. Марк Тимофеевич Кузикова—çул обходчикне.
49. Иван Федорович Кузнецова—çул обходчикне.
50. Степан Тимофеевич Кульдяева — главнăй кондуктора.
51. Виктор Александрович Курылева—пăравус деповĕн машинистне.
52. Анастасия Васильевна Липатовăна—разъездри дежурнăя.
53. Иван Федорович Макарова — разъездри дежурнăя.
54. Николай Тихонович Макарова—çул мастерне.
55. Евгений Петрович Максимова — вагонсене пăхакан аслă осмотрщика.
56. Вера Яковлевна Мальковăна — стрелочника.
57. Петр Николаевич Масленникова—сыхăну дистанцийĕн пай начальникне.
58. Василий Васильевич Машанова — çул бригадирне.
59. Анатолий Сергеевич Митричева — çул бригадирне.
60. Мария Григорьевна Морякинăна — çул обходчикне.
61. Иван Иванович Ниткина—поездри вагон мастерне.
62. Анна Павловна Павловăна—станцири дежурнăя.
63. Николай Гаврилович Печикина — пăравус деповĕн машинистне.
64. Дмитрий Петрович Полякова — политотдел начальникне.
65. Семен Прохорович Прохорова — стрелочника.
66. Павел Иванович Пухова—пăравус деповĕн машинистне.
67. Анна Осиповна Рандинăна — çул обходчикне.
68. Анна Андреевна Решетневăна — стрелочника.
69. Анна Петровна Салюковăна—электромеханика.
70. Иван Семенович Сафонеева—пăравус деповĕн начальникĕн заместительне.
71. Варвара Сергеевна Сергеевăна — главнăй кондуктора.
72. Ольга Егоровна Скворцовăна — разъездри дежурнăя.
73. Зинаида Андреевна Соловкинăна — стрелочника.
74. Валентина Степановна Степановăна—стрелочника.
75. Иван Степанович Степанова — мастера.
76. Александр Иванович Сторублева—пăравус деповĕн машинистне.
77. Сергей Иванович Суина — çул бригадирне.
78. Екатерина Ивановна Сульдинăна—стрелочника.
79. Виктор Петрович Сысалина—пăравус деповĕн машинистне.
80. Екатерина Андреевна Тарасовăна—çул обходчикне.
81. Ирина Димитриевна Тарасовăна — çул обходчикне.
82. Андрей Тимофеевич Тимофеева—çул обходчикне.
83. Николай Тимофеевич Тимофеева—стрелочника.
84. Татьяна Федоровна Федоровăна — главнăй кондуктора.
85. Екатерина Михайловна Филипповăна—çул обходчикне.
86. Зинаида Яковлевна Фоминăна — стрелочника.
87. Алексей Федорович Хабарова—политотдел инструкторне.
88. Михаил Кузьмич Хуморова—çул обходчикне.
89. Клавдия Максимовна Чекушинăна—стрелочника.
90. Сергей Игнатьевич Черникова—пăравус деповĕн машинистне.
91. Ксения Ефимовна Шагаровăна — çул обходчикне.
92. Евдокия Митрофановна Шаровăна—çул обходчикне.
93. Леонид Георгиевич Шашкова—çул дистанцийĕн контрольнăй нормировщикне.
94. Александра Егоровна Шемаровăна—стрелочника.
95. Степан Иванович Щеглова—çул обходчикне.
96. Прасковья Григорьевна Яковлевăна—станцири дежурнăя.

СССР Верховнăй Совет Президиумĕн Председателĕ К. ВОРОШИЛОВ.

СССР Верховнăй Совет Президиумĕн Секретарĕ Н. ПЕГОВ.

Мускав, Кремль. 1953 çулхи августăн 1-мĕшĕ.

---

## Шупашкар хулинчи профсоюз активĕн пухăвĕ

Çак кунсенче Шупашкар хулинчи профсоюз активĕн пухăвĕ пулса иртрĕ. Пуху ВЦСПС-ăн XI-мĕш пленумĕ çинчен Облпрофсовет председателĕ Романова юлташ туса панă доклада итлесе сӳтсе яврĕ.

Пленум решенийĕсем çинчен каланă май, Романова юлташ вĕсене республикăри предприятисемпе организацисен ĕçĕнчен илнĕ тĕслĕхсемпе çирĕплетсе парать. Пирĕн республикăра коллективлă договорсем пĕтĕмпе 171 тунă. Докладчик вĕсене мĕнле пурнăçлани çинчен калать.

Рабочисемпе служащисен йăла ыйтăвĕсене лайăхлатас тĕлĕшпе ĕçсем халĕ те тивĕçлипе пулса пымаççĕ. Романова юлташ столовăйсемпе ресторансен трестне, сутуилӳ организацийĕсене критиклерĕ. Докладчик малалла профсоюз организацийĕсем умĕнче тăракан задачăсем çинчен каларĕ.

Пренире чи малтан чăлха фабрикин директорĕ Петрунин юлташ сăмах каларĕ. Вăл çапла пĕлтерчĕ: иртнĕ 8 уйăх хушшинче коллективлă договора мĕнле пурнăçланине фабрикăра икĕ хутчен тĕрĕсленĕ. Тĕрĕслӳ коллективлă договор тăрăх илнĕ обязательствăсене пурнăçлас тĕлĕшпе фабрикăра пысăк ĕçсем туса иртттернине кăтартса панă. Юсав ĕçĕсем валли уйăрса панă укça-тенкĕпе туллин усă курнă, продукци ассортиментне анлăланса пырать, пĕтĕм сезонта хутмалăх вутă çителĕклĕ хатĕрлесе хунă. Çапах та хăшпĕр пунктсенчи обязательствăсене çителĕксĕр пурнăçланине палăртмалла. Сăмахран, пурăнмалли çурт-йĕр лаптăкăшне ӳстерес ыйтăва халĕ те татса парайман. Кайбулка юханшывĕн çыранне çирĕплетме фабрикăн укça-тенкĕ çителĕклĕ. Анчах çак ĕç çителĕксĕр пулса пырать. Фабрикăна çителĕклĕ таран электроэнерги парса тăрас тĕлĕшпе те ыйтăва татса паман, çавна пула предприяти плана тултарса пыраймасть. Фабрикăра работницăсене воспитани парасси çителĕксĕр пулса пынă. 12-мĕш столовăй буфечĕ кирлĕ пек ĕçлемест.

Сăмах Терентьев юлташа (Чапаевски поселок) параççĕ. Пурăнмалли çуртсем лартмалли плана тултарнă пулин те, хваттер тĕлĕшпе поселокра ыйтăва татса панă теме çук-ха, мĕншĕн тесен халăх йышĕ кунсеренех ӳссе пырать. Поселокра ача-пăча учрежденийĕсем сахал, ача сачĕ пĕрре кăна.

«Легпромстройăн» 11-мĕш номерлĕ трестĕн главнăй инженерĕ Чепурин юлташ пурăнмалли çуртсем лартасси çителĕксĕр пулса пынине палăртрĕ. Рабочисен ĕçĕпе пурнăçне лайăхлатас тĕлĕшпе илнĕ обязательство пурнăçланмасть. Пурăнмалли çуртсене юсама уйăрса панă укça-тенкĕпе туллин усă курман. Сметăпа документацие вăхăтра туса хатĕрлеменни трест ĕçне хытă чăрмантарать.

Строительство ĕçне лайăхлатма стенасем тумалли материалсем çитменни кансĕрлет. Сăмахран, кирпĕч Сталинградран кӳрсе килме тивет, мĕншĕн тесен хамăр республикăра ăна çителĕксĕр туса кăлараççĕ.

Юлашкинчен Чепурин юлташ рабочисем хушшинче хăйсем валли çуртсем лартма кăмăл тăвакансем пурри çинчен калать. Çуртсем лартма хула исполкомĕ ĕç вырăнĕнчен 7 километр аякра участоксем уйăрса панипе нумайăшĕ килĕшмеççĕ вара.

Маляри станцийĕн инженер-гидротехникĕ Васильев юлташ строительство организацийĕсене стройматериалсем мĕнле парса тăни çинчен каларĕ. Юсавпа строительство материалĕсем çитменни чи пысăк чăрмав пулса тăрать. Сăмахран, Çĕмĕрлере фанера тем чухлех, Шупашкарта вара ăна тупса илме çук.

Сметăпа техника бюровĕ сметăсем тăвасси çине çителĕксĕр пăхать. Сметăсене час-часах тĕрĕс мар тăваççĕ.

Зорин юлташ (Чапаевски поселок) хулара строительство материалĕсем кӳрсе тăрас тĕлĕшпе ятарласа организаци тума кирли çинчен ыйту лартрĕ.

Парткурссен директорĕ Иванов юлташ республикăра çулла кăна мар, хĕлле те ĕçлекен кану çурчĕ тума кирлине палăртрĕ.

Чăваш АССР Юстици министрĕ Алексеев юлташ коллективлă договорсене пурнăçлас тĕлĕшпе пысăк çитменлĕхсем пурри çинчен каларĕ. Ĕçри хăрушсăрлăх техникин йĕркисене час-часах пăсаççĕ. Профсоюз организацийĕсем администраци коллективлă договор тăрăх илнĕ обязательствăсене мĕнле пурнăçланине тивĕçлипе тĕрĕслемеççĕ.

Профсоюз активĕн пухăвĕ сӳтсе явнă ыйту тăрăх решени йышăнчĕ.

---

## Вĕренӳ çулне хатĕрленсе çитрĕмĕр

Пирĕн колхозри пуçламăш парторганизаци коммунистсемпе кадрсене марксистла-ленинла воспитани парас тĕлĕшпе тăрăшса ĕçлет. Иртнĕ çул коммунистсемпе колхозри кадрсем политшкулта вĕренчĕç. Итоглă занятисенче вĕренекенсем лайăх пĕлӳ илнине кăтартса пачĕç. Коммунистсен тавракурăмĕ палăрмаллах ӳсрĕ, производствăри тата политикăлла активлăхĕ вăйланчĕ. Коммунистсем производствăра ответлăха туйса, пуçарулла ĕçлеççĕ.

Парти вĕренĕвĕн пахалăхĕ, занятисем çулĕ пуçăмра иртесси вĕренӳ çулне вăхăтра хатĕрленнинчен нумай килет. Çакна шута илсе, иртнĕ вĕренӳ çулне вĕçленĕ хыççăнах пуçламăш парторганизаци вĕренӳ итогĕсене парти пухăвĕнче сӳтсе яврĕ. Пухура коммунистсем вĕренӳ ĕçне лайăхлатас, çак ĕçре пулнă çитменлĕхсене пĕтерес тĕлĕшпе мĕн-мĕн тумаллине кăтартса пачĕç.

Вĕренӳ çулне хатĕрленнĕ май, кашни коммунистпа уйрăммăн калаçрăмăр. Вĕсем ăçта тата мĕнле майпа вĕренме кăмăл тунине ыйтса пĕлтĕмĕр. Коммунистсем пурте парти историне вĕренме кăмăл турĕç. Кружока ертсе пыма мана хушса хăварчĕç.

Эпĕ тăваттăмĕш çул ĕнтĕ пропагандист пулса ĕçлетĕп. Кружок ĕçне лайăх йĕркелесси, занятисем интереслĕ, политикăлла çивĕчлĕхпе тата активлă иртесси, паллах, пропагандистран нумай килет. Пропагандистăн занятисене иртерме халех хатĕрленес пулать. Çакăн пек тăватăп та эпĕ. В. И. Ленинăн тата И. В. Сталинăн произведенийĕсене вĕренетĕп, политикăлла литература вулатăп. Илемлĕ литература кĕнекисем, хаçат-журнал тăтăшах вулатăп.

Вĕренӳ ĕçĕнче нагляднăй пособисемпе тата иллюстраци меслечĕпе усă курни пысăк вырăн йышăнать. Эпĕ вĕренӳре усă курмалли материалсене пухса хатĕрлерĕм. Ялти библиотека та вĕренӳре кирлĕ чылай нагляднăй пособисем хатĕрлерĕ. Библиотекăра «Парти историне вĕренекенсене пулăшма» темăпа кĕнекесен выставки организацилетпĕр. Хăшпĕр нагляднăй пособисене райком библиотекинчен илетпĕр.

Коммунистсемпе ытти активистсем те вĕренӳ çулне хатĕрленеççĕ. Иртнĕ вĕренӳ çулĕ вĕçленнĕренпе вĕсем политикăлла тата илемлĕ литература кĕнекисене нумай вуласа тухрĕç.

Иртнĕ вĕренӳ çулĕнче политшкулта занятисем пуçланас умĕн хамăр çĕршывра тата тĕнчере пулса иртекен лару-тăру çинчен калаçусем туса иртерни. Çакна эпир коммунистсем пурте агитаторсем пулса ĕçленине шута илсе, вĕсене халăх хушшинче агитациллĕ ĕçе лайăхлатма пулăшас шутпа туса пынă. Кăçал та çавăн пек тăватпăр. Кружокăн кашни занятийĕ умĕн вĕренекенсене 15—20 минут хушши хамăр çĕршыври хыпарсемпе тата тĕнчери лару-тăрупа паллаштаратпăр.

Вĕренӳ çулне хатĕрленсе çитрĕмĕр. Занятисем иртерме пӳлĕм уйăрнă. Унта сĕтел-пукан, вĕренӳ хатĕрĕсем çителĕклĕ. Занятисем иртермелли куна та палăртнă.

Кăçалхи вĕренӳ çулĕнче коммунистсене ытларах пĕлӳ парас, программăри материала тĕплĕнрех ăнлантарас тесе, партилле вĕренĕве кăçал пĕлтĕрхинчен лайăхрах йĕркелеме тăрăшатпăр.

**В. ВАСИЛЬЕВ,**
парти историне вĕренмелли кружок руководителĕ.
Етĕрне районĕнчи «Большевик» колхоз.

---

*„Коммунизм ялавĕ" хаçатра çырнă хыççăн*

## „Парторганизацисен ĕçне тĕплĕн çутатса тăмалла"

Августăн 6-мĕшĕнче «Коммунизм ялавĕ» хаçатра пичетленнĕ «Парторганизацисен ĕçне тĕплĕн çутатса тăмалла» ятлă статьяра Комсомольски районĕнчи «Октябрь ялавĕ» хаçат парти организацийĕсен ĕçне пур енĕпе те туллин çутатса тăрайманнине, партин пуçламăш организацийĕсен ĕçĕнчи чылай ыйтусене манса хăварнине кăтартса панăччĕ.

КПСС Комсомольски райкомĕ çак статьяна райком бюровĕн ларăвĕнче сӳтсе явни, «Коммунизм ялавĕ» хаçат районти хаçат ĕçĕнчи çитменлĕхсене тивĕçлипе критиклени çинчен пĕлтерчĕ. КПСС райкомĕн бюровĕ «Октябрь ялавĕ» хаçат редакторне Квасов юлташа малашне хаçатра парторганизацисен ĕçне анлăн çутатма хушнă.

## „Выльăх-чĕрлĕх ĕрчетме тăрăшмаççĕ"

«Коммунизм ялавĕ» хаçатра августăн 26-мĕшĕнче пичетленсе тухнă «Выльăх-чĕрлĕх ĕрчетме тăрăшмаççĕ» ятлă статьяра Красноармейски районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхозра обществăлла выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе тивĕçлипе организацилеменни çинчен çырнăччĕ. Унта ĕнесенчен сĕт сахал суса илнине, выльăхсене хĕл каçарма хатĕрлеме тытăнманнине тата ытти çитменлĕхсене кăтартса панăччĕ, колхозри пуçламăш парторганизаци выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçпе интересленменни, агитаторсем фермăсене пырса та курманни çинчен çырнăччĕ.

Красноармейски район Совет исполкомĕн Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев управленийĕ статьяра пур фактсене те тĕрĕс кăтартса пани çинчен пĕлтерчĕ. Статьяна колхоз правленийĕн ларăвĕнче активпа пĕрле сӳтсе явнă, çитменлĕхсене пĕтерессишĕн тивĕçлĕ мерăсем йышăннă.

*Хаçатсен страницисем тăрăх*

# Ялхуçалăхне малалла аталантармалли аслă программа

Республикăри ĕçсыннисем КПСС Центральнăй Комитечĕн Пленумĕ «СССР ялхуçалăхне малалла аталантармалли мерăсем çинчен» йышăннă постановленине пĕр шухăш-кăмăлпа пулса ырлаççĕ. Колхозниксем, механизаторсем, ялхуçалăх специалисчĕсем, Пленум чĕнсе калани çине ответлесе, çĕршывра ситес икĕ-виçĕ çул хушшинче ялхуçалăх продукчĕсем питĕ нумай туса хатĕрлес тĕлĕшпе ырми-канми ĕçлеме сăмах параççĕ.

— Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн çак кунсенче пулса иртнĕ Пленумĕ йышăннă постановлени тата КПСС Центральнăй Комитечĕн пĕррремĕш секретарĕ Н. С. Хрущев юлташ тунă доклад пире, механизаторсене, ялхуçалăхĕнче çĕнĕ çитĕнÿсем тума хавхалантарчĕ, — тесе çырать Чкаловски районĕнчи «Авангард» хаçатра МТС-ри 11-мĕш трактор бригадин бригадирĕ А. А. Михайлов юлташ.

Михайлов юлташ ертсе пыракан трактор бригади кăçал уй-хир ĕçĕсенче çĕнĕ çитĕнÿ тунă. Бригада уй-хирсенчи сурхи ĕçсене утă кун хушшинче вĕçленĕ, ирхи çĕртме сухине июнĕн 5-мĕшĕ тĕлне туса пĕтернĕ, 30—32 сантиметр тарăнăш сухаланă, сурхи тĕштырăсем акмалли плана 115 процент тултарнă. Бригада кашни «МК-1100» молотилкăпа сентябрĕн 10-мĕшĕ тĕлне 802-шер тонна тырă çапса, плана 160 процент тултарнă. Кĕрхи тырăсене 7 кун хушшинче акса хăварнă, сентябрĕн 10-мĕшĕ тĕлне 700 гектар çинче кĕрхи çĕртме тунă. Çав лаптăкран 208 гектар çинче 40—42-шер сантиметр тарăнăш, 350 гектар çинче—25—30 сантиметр тарăнăш сухаланă. Кунпа пĕрлех силос хывмалли плана 220 процент тултарнă. Пур ĕçсене те вăхăтра тата пахха тунă вăхăтрах бригада тăватă тонна горючи тата 3.500 тенкĕ укса перекетленĕ.

Трактор бригади ĕçленĕ «Гвардеец» тата Чкалов ячĕпе тăракан колхозсенче тырпул тухăçлăхĕ кăçал, иртнĕ çулхипе танлаштарсан, чылай ÿснĕ.

— Анчах пирĕн ĕçре çитменлĕхсем те пур-ха,—тет Михайлов юлташ.—Эпир ку тăранчченех хăшпĕр машинăсене йĕркеллĕ ĕçлеттерейменмĕр. Сăмахран, самоходнăй комбайнсемпе тырпул пухса кĕртмелли плана çулран-çул тултараймастпăр. Кăçал пирĕн кашни самоходнăй комбайнпа 320 гектар пухса кĕртмелле пулнă. Эпир 270-шер гектар çеç пухса кĕртрĕмĕр. Çакă вăл пирĕн ĕçри тĕп çитменлĕхсенчен пĕри пулса тăрать.

— Партипе правительство ялхуçалăхне вăйлатассишĕн ырми-канми тăрăшаççĕ. Акă пирĕн машина-трактор станцине кăçал кăна «С-6» маркăллă комбайнсем—5, самоходнăй комбайнсем—4, дизеллĕ тракторсем—5, çавăн пекех плугсем, сеялкăсем нумай илсе килнĕ. Ĕçленĕсемĕн ĕçлес килет!—тет Вăрмар МТС-ĕнчи партбюро секретарĕ Биктимиров юлташ. — Пирĕн тивĕç—партин Центральнăй Комитечĕн Пленумĕ чĕнсе калани çине ответлесе, тата тухăçлăрах, пахарах ĕçлесси.

«Хĕрлĕ Ялав» хаçат çавăн пекех «Большевик» колхоз членĕсен шухăш-кăмăлĕсем çинчен каласа парать.

— Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн Пленумĕн постановленийĕне хавхаланса, эпир тĕштырă, техникăлла тата выльăх апачĕ тумалли культурăсен, çĕрулмин, пахча çимĕçĕн тухăçлăхне ÿстерес тĕлĕшпе мĕнпур вăя хурса ĕçлĕпĕр, садран, хурт-хăмăртан, пĕвесенче пулă ĕрчетсе тата пысăкрах тупăш илме тăрăшăпăр, — тет колхоз председателĕ И. Филимонов юлташ.

Колхоз производствине тăтăшах ÿстерсе пымалли чи кирлĕ услови—артельте общественнăй интересĕсемпе артель членĕсен харпăр хăй интересĕсене тĕрĕс çыхăнтарса пыни, харпăр хăйĕн интересĕсене общественнăй интересĕсене пăхăнтарса тăни пулать. Пленум постановленийĕнче ку ĕçри çитменлĕхсене сийĕнчех пĕтермелли майсене кăтартса панă.

— Пирĕн колхоз членĕсен ку тарanччен ĕне усрама условисем çителĕклĕ пулман, мĕншĕн тесен колхозра ĕнесене кĕтÿре çÿретме участоксем уйăрса паманчĕ, — тет М. Волкова колхозница. —Паллах, эпир хамăр выльăх-чĕрлĕхе çитерлелесе çÿресе е выльăх апачĕ ширама кайса, ĕç вăхăтне нумай иртеретпĕр. Ку вăл колхозри ĕç дисциплинине хавшатасси патне илсе пырать. Малашне текех ун пек пулмĕ. Пирĕн пурнăçа лайăхлатма, колхозсене куллен чечеклентерсе пыма çул уçса панăшăн Коммунистсен партине чĕререн тав!

«Коммунист» хаçат пĕлтернĕ тăрăх, Етĕрне районĕнчи Ленин ячĕпе тăракан колхозри 70 çулхи А. Я. Яковлев колхозник партин Центральнăй Комитечĕн постановленийĕпе паллашнă хыççăн çапла каланă:

— Пирĕн савăнăç пысăк. Коммунистсен партийĕпе Совет правительствине халăх ырлăхĕшĕн тăрăшнăшăн чун-чĕререн тав тăватпăр. Иккĕленмелли çук, пирĕн колхозниксем постановленире кăтартса панă задачăсене чыслăн пурнăçларĕç.

Ку колхозра халĕ пысăк çĕкленÿ. Уй-хир бригадисем ялхуçалăх çулне ăнăçлă вĕçлессишĕн кĕрешеççĕ. Колхозниксем çĕрулми кăлараççĕ, общественнăй выльăх-чĕрлĕх валли апат хатĕрлеççĕ, выльăх-чĕрлĕх витисене хĕле хатĕрлеççĕ.

КПСС Центральнăй Комитечĕн Пленумĕн постановленийĕ пур çĕрте те ĕçри хастарлăха ÿстерчĕ. «Хĕрлĕ Октябрь» хаçат Октябрьски районĕнчи Калинин ячĕпе, Винокуров ячĕпе тăракан тата «Свобода» колхозсенче халĕ выльăх витисене хĕле хатĕрлес, общественнăй выльăх-чĕрлĕх валли çĕнĕ витесем тăвас тĕлĕшпе уйрăмах тăрăшса ĕçлени, МТС-ри 6-мĕш трактор бригадинчи механизаторсем ялхуçалăх ĕçĕнчен пушаннă машинăсене çитес çураки валли юсама тытăнни çинчен пĕлтерет. «Сталин ялавĕпе» хаçат Шăмăршă районĕнчи «Кзыл юл» колхозра икĕ кун хушшинче 150 тонна силос хывнине палăртать. Силос хывнă çĕрте колхоза МТС механизаторĕ М. Казаков юлташ чылай пулăшнă. Вăл силос тумалли курăксене тракторпа çулса, тураса панă.

Пленум постановленийĕпе хавхаланса, чылай колхозсемпе колхозниксем государство умĕнчи хăйсен мĕнпур обязательствисене срокчен пурнăçлаççĕ. Шăмăршă районĕнчи «Слава» колхоз членĕсем чылайăшĕ государство умĕнчи парăмсене татнă. Сăмахран, Н. Гусев, С. Макарова, В. Иванова колхозниксем государствăна çу, çăмарта памалли обязательствăсене чыслăн пурнăçланă. Ишлей районĕнчи «Большевик» колхоз çак кунсенче государство банкне тупăшран илекен налог шучĕпе 35 пин тенкĕ укçа хывнă. Çавăн пекех «Урожай» колхоз та тупăшран илекен налог укçине пĕтĕмĕшпех тÿлесе татнă. Чурачăк районĕнчи Ленин ячĕпе тăракан колхоз членĕсем, государствăна çĕрулми памалли плана ăнăçлă тултарассишĕн кĕрешсе, сентябрĕн 16-мĕшĕ тĕлне государствăна 120 центнер çĕрулми панă.

Çак кунсенче пур çĕрте те ĕç хастарлăхĕ ÿсни палăрать. Çĕршыври мĕнпур ĕçсыннисем — рабочисем, колхоз хресченĕсем, пирĕн интеллигенци СССР Ялхуçалăхне малалла аталантармалли программăна пурнăçлама пĕтĕм вăй-хала, пĕлĕве, пултарулăха пама пулаççĕ.

# Вăрлăх хатĕрлесси—паян тумалли ĕç

Иртнĕ çулсенче çуракине тухас умĕн колхозсенче вăрлăх çитменни çинчен кулянса калаçатчĕç. Хĕллехи вăхăтра лайăх сыхласа усрайман пирки вăрлăхлăх тырă хĕрсе е хăвакарса кайни те пулнă. Çул пысăклнă вăхăтра колхозсем пĕр-пĕринчен е хатĕрлев пунктĕнчен вăрлăх улăштарса илме тытăнатчĕç. Мĕншĕн капла пулнă-ха? Мĕншĕн тесен вăрлăх вăхăтра хатĕрлесе хуман. Сортламасăр, чĕрĕлле амбара хунă вăрлăха сыхласа усрама йывăр пулнă.

— Кашни колхоза хăйне валли çителĕклĕ вăрлăх хатĕрлеме услови туса памалла,—тетчĕç колхоз председателĕсем вăрлăх çинчен сăмах хускатсан.

Кăçал партипе правительство пур колхозсене те вăрлăх хатĕрлеме нихçанхинчен лайăх услови туса пачĕç. Вăрлăх фондне хывасси, тырă хатĕрлесси пекех, чи кĕске вăхăтра тумалли ĕç пулса тăчĕ.

Канаш районĕнчи колхозсем уйри тырпула вырса пуçтарчĕç. Тырă хатĕрлемелли плана срокчен тултарчĕç. Халĕ хĕрсех авăн çапаççĕ. Çапла вара вăрлăх фончĕ тума кирлĕ условисем çителĕклĕ. Апла пулсан та колхозсем килес çул акма вăрлăх хатĕрлес тĕлĕшпе пикенсе ĕçлеççĕ тесе калама çук. Ку тарана çитсе пĕр колхоз та вăрлăх фончĕ туса çитермен.

Килес çул акма кирлинчен çурри таран ырашпа кĕрхи тулă вăрлăхĕ уйăрса хăвармалла. Анчах пĕр колхоз та уйăрса хуман-ха.

Сиелтен пăхсан колхозсем çуртырри вăрлăхĕ хатĕрлес тĕлĕшпе ĕçленĕ пек туйăнать. Кашни колхоз мĕн чухлĕ те пулин вăрлăх фончĕ тунă. Тĕрĕссипе вара çав вăрлăха хут çинче кăна уйăрса хунă темелле, мĕншĕн тесен вăрлăхсене тасалăх енчен кондицие çитермен. Акă Сухайкассинчи Молотов ячĕпе тăракан колхозăн кăçал 784 центнер çуртырри вăрлăхĕ хатĕрлесе хумалла. Çав шутран çуррине кăна уйăрнă. Вăрлăхăн пĕр пĕрчине те лабораторире тĕрĕслеттерсе пăхман. Ку колхоз руководителĕсем иртнĕ çулсенчи сиенлĕ йăларан хăтăласшăн мар-ха. Вĕсем вăрлăха халех пур енĕпе те кондицие лартас вырăнне, хĕлле тин, сортласа тасатас шухăшпа пурăнаççĕ. Çапла вара вăрлăх хатĕрлесси кăçал та, иртнĕ çулсенчи пекех, нумай вăхăта тăсăласси куç умĕнчех. Кунсăр пуçне, типĕ вăрлăх хĕлле тасатнă вăхăтра юрпа хутшăнса нÿрленессине, унăн шăтас пахалăхĕ чакма пултарнине те манма юрамасть.

Ытти колхозсенче те вăрлăх хатĕрлесси Молотов ячĕпе тăракан артельри пекех çителĕксĕр пырать-ха. Вăрлăх участокне акнă тырра уйрăм вырса турттарман. Çавна пула ăна чи малтан çапса кĕртеймеççĕ. Ытти лайăхрах пулнă участокри тырра çапсан та, вăрлăх валли уйăрса хумаççĕ.

Вăрлăха итемрех тасатса акма юрăхлă туса кĕртес ĕçре МТС пысăк вырăн йышăнать. МТС колхозсене хăйĕн хăватлă сортировкисене ярса панă. Анчах та артельсенче вĕсемпе туллин усă курма тăрăшмаççĕ. Акă «Комбайн» колхозра МТС-ăн пысăк сортировки ларать. Çак сортировкăна тахçанах кÿршĕри колхоза куçарса вăрлăхлăх тырă сортлама тытăнмалла. «Комбайн» колхоз хăйĕн вăрлăхне сортламан пирки сортировкăна тытса тăрать. МТС-ри специалистсем те колхозсене вăрлăх сортламалли машинăсемпе туллин усă курма васкатни сисĕнмест.

Районти колхозсем темиçе çул хушши ĕнтĕ хăйсене кирлĕ чухлĕ курăк вăрлăхĕ туса илеймеççĕ, çавăнпа пусă çаврăнăшне йĕркелесе яраймаççĕ тата выльăх-чĕрлĕхе тăрантарса усрама кирлĕ таран утă туса илеймеççĕ. Кăçал та клевер вăрлăхĕ хатĕрлесси питĕ çителĕксĕр пырать. Хăшпĕр колхозсем ку тарана çитсе те вăрлăхлăх хăварнă клевера çулса пуçтарман. МТС «Комсомол» колхоза вăрлăхлăх клевера вырса пуçтарма самоходнăй комбайн ярса панă. Колхоз правленийĕ комбайнпа клевер вырас вырăнне авăн çаптарать. Çавна пула Микоян ячĕпе тăракан колхозра та 10 гектар çинчи вăрлăхлăх клевера вăхăтра пуçтарса кĕреймеççĕ. Комбайнпа пуçтарса панă клевер вăррине сăвăрса тасатмасăр тăракан колхозниксем те пур-ха. Сăмахран, çÿлте асăннă Молотов ячĕпе тăракан колхоза килес çул акма 10 центнер клевер вăрлăхĕ кирлĕ. Çулса çапнă клевер вăрлăхне çуррине кăна тасатнă-ха, ытти çаплипех выртать.

Килес çул колхозсене кантăр, çĕрулми, пахча çимĕç вăрлăхĕ нумай кирлĕ пулать. Нумай колхозсем кантăр татса пĕтермен. Çĕрулми вăрлăхĕ усрама вырăн хатĕрлесе çитермен. Пахча çимĕç вăрлăхĕ хатĕрлесси çине те тивĕçлипе çаврăнса пăхмаççĕ.

КПСС Центральнăй Комитечĕн Пленумĕ артельсен хуçалăхне вăйлатмалли майсене кăтартса пачĕ. Тырпул тухăçлăхне Пленум постановленийĕнче кăтартса панă пек ÿстерсе пыма лайăх вăрлăх кирлĕ. Кашни колхозăн халех, хĕле кĕрессе кĕтмесĕр, вăрлăха итемрен кондицие лартса кĕртмелле.

**П. ЩИПЦОВ.**

Куславкка районĕнчи «Динамо» колхоз çулсеренех хăмла ÿстерсе тупăш нумай илет. Колхозăн хăмла пахчи 10,3 гектар шутланать. Кăçал та хăмла пысăк тухăçлă пулнă.

**Укерчĕк çинче:** хăмла пахчинче колхозницăсем хăмла татаççĕ. Малти вырăнта — хăмла татнă çĕрте чи лайăх ĕçлекен колхозница Е. К. Матвеева, — вăл куллен 40 килограмм таран хăмла татать (нормăпа 12 килограмм татмалла), 4—4,5 ĕçкунĕ тăвать.

Г. ЗИНЬКОВ фотоÿкерчĕкĕ.

# Продукцин хăйне ларакан хакне йÿнетессишĕн

Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕ пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе панă директивăсенче промышленность продукцин хăйне ларакан хакне 25 процента яхăн чакарма палăртнă. СССР Верховнăй Совечĕн пиллĕкмĕш сессийĕ те ку енĕпе тумалли ĕçсене уççăн кăтартса пачĕ. Парти съезчĕпе Верховнăй Совет сессийĕ панă кăтартусем пирĕн завод коллективĕшĕн ĕç программи пулса тăраççĕ.

Пирĕн завод халăх хуçалăхне питех те кирлĕ продукци — пурăнмалли çуртсем туса кăларать. Вăл çуртсенче çĕр айĕнчен хура ылтăн кăларакансем — шахтерсемпе нефтяниксем пурăнаççĕ. Çитес вăхăтра завод çĕнĕ йышши тата лайăхрах çуртсем туса кăларма тытăнать.

Продукци ытларах туса кăларасси, унăн пахалăхне лайăхлатасси шалти резервсемпе пĕлсе усă курнинчен нумай килет. Çавна асра тытса, пирĕн коллектив производство процесĕсене пĕрмай лайăхлатса пыма, ĕç тухăçлăхне ÿстерме, чĕртаварпа топливо тата электроэнерги перекетлеме пулăшакан майсемпе туллинрех усă курма тăрăшать.

Эпир кунта продукцин хăйне ларакан хакне чакарас тĕлĕшпе столярнăй цех коллективĕ пухнă хăшпĕр опытпа паллаштарасшăн.

Продукцин хăйне ларакан хакне чакармалли тĕрĕс меслет вăл — технологи процесне çĕнетсе лайăхлатни, йывăр ĕçсене механизацилени, малта пыракан рабочисен ĕç опычĕпе усă курни. Иртнĕ çуркунне, завода юсанă чухне, цехри технологие çĕнĕлле йĕркелерĕмĕр. Унччен детальсене пĕр вĕçĕмсĕр юхăмпа туса кăларма станоксемпе машинăсене вырнаçтарса лартман пулнă. Çакна пула чылай детальсене пĕр станок çинчен тепĕр станок çине унталла-кунталла илсе çÿретме тивнĕ. Çакă вăл, паллах, рабочисен ĕç тухăçлăхне чакарнă. Оборудование çĕнĕлле вырнаçтарса лартни детальсем усăсăр кукăрмакăр çул çÿрессине пĕтерчĕ, укçа-тенкĕ, ĕç вăйĕ чылай перекетлеме май туса пачĕ.

Детальсене пухакан участокра вентиляци пулман, турпассемпе çÿп-çапсене ещĕксем çине хурса йăтса тухма тивнĕ. Çавăн пирки рабочисем ытларах тытса тăма тивнĕ. Хăватлă вентиляторсем лартни рабочисен йышне чакарма тата ĕç вăхăтне перекетлеме пулăшрĕ.

Ĕлĕкрех çуртсен алăкĕсене пĕр пек тикĕс хăмасенчен пăтасемпе çирĕплетсе тунă. Юлашки вăхăтра производствăра пулакан йывăç татăккисене çилĕмпе çыпăçтарса алăксем нумай тума тытăнтăмăр. Çапла туни производство циклне кĕскетет, ĕç тухăçлăхне ÿстерет. Мĕншĕн тесен кунта пĕр вăхăтрах нумай станоксемпе усă кураççĕ.

Йывăр ĕçсене механизацилени пысăк вырăн йышăннине пурте пĕлеççĕ. Ку тĕлĕшпе эпир чылай ĕçсем тунă, анчах туса çитерменнисем те пур-ха. Халĕ чÿрече рамисене алăпа пухатпăр. Çак меслет тухăçлă ĕçлеме чăрмантарать, мĕншĕн тесен рамăсене хытарма тата пушатса кăларма вăхăт нумай кирлĕ. Малашне эпир рамăсене сывлăш вăйĕпе хытарса, пневматически майпа пухмалла тăвасшăн. Станоксем хатĕр. Сывлăш çÿретмелли шлангсем çукки кăна ĕçе тытăнма чарса тăрать. Çĕнĕ меслетпе ĕçлеме пуçлани ĕç тухăçлăхне чылай ÿстерме, çапла вара продукцин хăйне ларакан хакне чакарма май памалла.

Продукцин хăйне ларакан хакне чакармалли тепĕр май вăл малта пыракан коллективсемпе рабочисен опычĕпе анлăн усă курни. Цехра пуçаруллă стахановецсем сахал мар. В. Никитина станочница цитсем валли кирлĕ хăмасене малтанхи пек пĕрерĕн мар, икшерĕн хурса татма тытăнчĕ. Çакă унăн ĕç тухăçлăхне чылай ÿстерчĕ. Вăл иртнĕ уйăхри нормăна 1,5 хут ирттерсе тултарчĕ. В. Никитина юлташăн ыр[illegible]ĕ, торцовка çинче ĕçлекен чыла[illegible]емшĕн паллă пулса тăчĕ.

Кун пек [illegible]сене татах та илсе кăтартма пулать.

Ĕç тухăçлăхне ÿстермелли лайăх мел вăл социализмла ăмăрту пулать. Пирĕн цехра социализмла ăмăртăвăн пур формисемпе те усă кураççĕ. Тĕп формăсенчен пĕри — пĕр йышши станоксем çинче ĕçлекенсем пĕр-пĕринпе ăмăртни. Цехра стахановецсен хисепĕ пĕлтĕрхинчен чылай нумайрах. Мĕнпур рабочисенчен 76 проценчĕ стахановла ĕçлет. М. Орлов мастер ертсе пыракан сменăри рабочисем — пурте стахановецсем. Вĕсем нумайăшĕпе ĕнтĕ нормăна 150—200 процент тултараççĕ. Н. Моисеев столяр, В. Михайлов сборщик, С. Иванов грузчик, А. Иващенко станочница, парти членĕ А. Петров столяр нормăна куллен икĕ хут ытла ирттерсе тултараççĕ.

Технологи процесĕсене лайăхлатни, йывăр ĕçсене механизацилени, малта пыракан рабочисен опычĕпе усă курни тата социализмла ăмăртса ĕçлени продукцин хăйне ларакан хакне чылай чакарма май пачĕ.

Кăçалхи çур çулта туса кăларнă продукци хакĕ, пĕлтĕрхи тапхăрпа танлаштарсан, чылай чакрĕ. Юманран, букран тунă паркетăн, чÿрече рамисен, саваласа якатнă тата якатман детальсен хакĕ те 10—20 процент таран йÿнелнĕ.

Çавăн пек хăшпĕр ÿсĕмсем туни цехра резервсемпе пуринпе те усă курнине пĕлтермест. Цехра организацилле-техникăлла ĕçсен çулталăкри планне сентябрĕн 1-мĕшĕ тĕлне 60 процент çеç тултарнă. Çулталăк вĕçлениччен пирĕн çак планăн тата сакăр пунктне пурнăçа кĕртмелле. Плана пĕтĕмпех пурнăçа кĕртни продукцин хăйне ларакан хакне чылай чакарма май парĕ.

Хамăр ĕç çине критикăлла пăхса, çакна палăртас пулать: пирĕн цехра ĕçе организацилес енĕпе те çитменлĕхсем пур-ха, усăсăр тăваксем те сахал мар. Юрăхсăр продукци хисепĕ уйăхран уйăха чакса пырать пулин те, брака пĕтĕмпех пĕтернĕ тесе калама пултараймастпăр. Оборудованипе усă курнин коэффициенчĕ çителĕклĕ теме çук. Те кулленхи ыйтусем çине ытларах çаврăнса пăхнипе, те культурăлла ĕçлеме вĕренсе çитменнипе, эпир малашнехи плансене, уйрăмах çĕнĕрен те çĕнĕ техникăпа усă курас ыйтусене час-часах манатпăр.

Производство планĕсене уйăхран уйăха тултарса пыратпăр пулин те, цех пĕр тикĕс ĕçлет, тесе калама çук. Уйăхăн малтанхи çурринче пикенмесĕр ĕçлени, иккĕмĕш çуррине хыпăнса ÿкни халĕ те пĕтмен-ха. Цеха пĕр тикĕс ĕçлекен тăвас тесен, чи малтанах, производствăна тĕрĕс планлани кирлĕ. Анчах заводра производствăна планлас ĕçре халиччененех çирĕп йĕрке туса çитермен. Цехсене хуçалăх расчечĕ çине куçарман. План тата производство пайĕ цехсене продукцин хăйне ларакан хакне чакармалли заданисем памасть.

Асăннă çитменлĕхсене пĕтерсен, цех татах та пысăкрах ÿсĕмсем тума пултарать.

**О. КИРПИЧНИКОВ,**
**Куславккари çуртсем тăвакан заводри столярнăй цех технорукĕ.**

## Кĕскен

★ **Выляв укçи илеççĕ.** Советски районĕнчи ĕççыннисем государство заемĕсем тăрăх çулленех выляв укçи нумай илеççĕ. Кăçалхи сакăр уйăх хушшинче ĕççыннисене 395 пин тенкĕ выляв укçи тÿленĕ.

★ **Радио кĕртеççĕ.** Чурачăк районĕнчи «Прогресс» колхоза кĕрекен ялсенчи колхозниксен килĕсене радиофикациленĕ. 300 колхозник килне радио кĕртнĕ. Районти «Труд» колхозра та ку енĕпе чылай ĕçсем тунă.

★ **Хаçат-журнал сараççĕ.** Калинино районĕнчи сыхăну уйрăмĕнче почтальон пулса ĕçлекен Н. Леонтьева юлташ ĕççыннисем хушшинче хаçат-журнал сарас тĕлĕшпе тăрăшса ĕçлет. Çак кунсенче вăл тăваттăмĕш кварталшăн 50 çынна хаçат илме çырăнтарчĕ.

ФЕЛЬЕТОН

# Каçăр пуçлă Автан

Авăн çапакан колхозниксем канма ларнă. Утмăл çулалла çывхарнă муни вĕсене юмах ярса парать. Çакна курсан эпир колхозниксем еннелле пĕр [illegible] пуç тайрăмăр та, ыраш улăмĕ çине кулленĕтĕмĕр. Мучин кĕреçе пек сухалĕ сумне пушă пучахсем сыпăçса тулнă. Вăл вĕсене иле-иле пăрахнă май, юмахне малалла калать:

«— Шур чăх, Шур чăх! Чакак сана кĕмĕл çăмарта тăвать, тет. Чăнах-и вăл, суя-и?—ыйтать Автан Шур чăхран.

— Чăнах,—тет Шур чăх.

Автан савăнсах каять. Шур чăх таврашласа, çапла калать вăл ăна:

— Ах, Шур чăх! Мĕнле хитре эсĕ! Эп сана пĕрре курсах юратса пăрахрăм. Качча тухсам мана...

— Намăса пĕл, Автан! Сан Чăпар чăх пур-иç?!—тет Шур чăх.

— Чăпар чăх мана улталарĕ, пăхĕр çăмарта туса памарĕ. Тăвассине турĕ те—усси нумай пулмарĕ: йăлтах хăйпе пĕрле каялла илсе кайрĕ,—тет Автан.

— Эппин, вăл сана хăй пăрахса кайрĕ?—ыйтать Шур чăх.

— Хăй пулмасăр, хăй çав! Анчах çăва патнех кайтăр вăл! Эп сана юрататăп, савнă шур авăшăм!..

Пăхать Шур чăх каçăр пуçлă Автан çине—пачкă терĕш ытарма çук илемлĕн тухăнса каять: пĕсехи ун сарлака, кирикĕ хĕп-хĕрлĕ, вăрăм хÿри çурла пек авăнса тăрать. Сăмахĕсем тата мĕнле çепĕç унăн! Шур чăх чĕри тÿсеймест, ирăлсех каять.

— Килĕшетĕп,—тет вăл, Автан çумне йăпшăнса.

— Ан васка, Шур чăх, ан васка! Кăтартĕ-ха вăл сана!—тет лупас тăррипче ларакан Кăвак кăвакарчăн. Анчах ун сăмахĕсем Шур чăх хăлхине кĕмеççĕ.

Акă хăйхискерсем туй тăваççĕ те мăшăрлă пулса тăраççĕ. Шур чăх кашни кун кĕмĕл çăмарта тăвать.

— Ну, пурнатăн ĕнтĕ халь ыр курса!—тет каçăр пуçлă Автан савăнса. Анчах, хăварах пĕлетĕр, чăхсем çулталăкĕпех çăмарта тумаççĕ. Вăхăт çитсен, хайхи Шур чăх та çăмарта тума чарăнать.

— Мĕн хăтланатăн эсĕ! Эп сана кунне икшер çăмарта тума хушас тесе тăратрăм, эсĕ пур—йăлтах çăмарта тума пăрахрăн!

Вăрçни-ятласни çитмест, Автан хăйĕн чăххине кашни кун тапкăçĕпе те çапать, шĕвĕр сăмсипе те пусран таккатакка асап кăтартать.

— Харам пыр! Сана тăрантарса усра!—тет вăл урнă пек тилмĕрсе.

Тÿсеймест Шурă чăх Автан мăшкăлне, тухать те каять».

Çак тĕлте пĕр çамрăк колхозница сăмах хушмасăр чăтса тăраймарĕ.

— Эй, апăрша! Пулаççĕ çав айвансем,—терĕ вăл.

Ватă юмахçăн лăпкă хура куçĕсем йăлйăл çиçсе илчĕç. Вăл кăшт ÿсĕркеленсе турĕ те юмахне малалла тăсрĕ. «—Нумаях та вăхăт иртмест, каçăр пуçлă Автан сарă чăхха тĕл пулать.

— Сар чăх, Сар чăх! Чакак сана ылтăн çăмарта тăвать, тет. Тĕрĕс-и ку, суя-и?—ыйтать Автан Сар чăхран.

— Тĕрĕс,—тет леш, Автан мĕн шутпа ыйтнине туймасăр.

Çав тери савăннă Автан, сунат çапсах, киккирики-ик! авăтса ярать.

— Ах, сарпикесĕм! Ăçта çÿренĕ эсĕ халиччен? Эп, сана шыра-шыра, кĕçех ватта тăрса юлаттăм. Тахçанах авланасшăн çунатăп, анчах хама юрăхлă мăшăр тупаймастăп. Пулсам эсĕ ман арăм, эпĕ сана чăтма çук юратса пăрахрăм,—тет вăл.

— Суймастăн-ши?—тет Сар чăх. — Тен, эсĕ темиçе те авланнă?

— Мана ĕненмесен, ав, Хур ăсинчен ыйт,—тет Автан, кÿреннĕ пек пулса.

— Как?—тет Хур ăçи, — сана ĕненмест-и? Автанăн, манăнни пекех, халиччен сакунлă арăм пулманнине Çерçи те пĕлет...

— Чим, чим!—тет Çерçи.—Ан ĕнен, Сар чăх, вĕсем иккĕш те суяççĕ...

Анчах та хитре Автан çине пăхса тĕлĕнсе кайнă Сар чăх, пĕчĕк Çерçине мар, мăнттай Хур ăçине ытларах ĕненет. Çитменнине Автанĕ те унтах чĕрене кайса тивекен сăмахсем каласа тăрать.

— Эх, Сар чăх! Эс ман арăм пулас пулсан, эп сана хамăн аллăм çинче йăтса çÿрĕттĕм!—тет вăл.

— Эп хирĕç мар,—пăшăлтатать Сар чăх.

Çапла каçăр пуçлă Автан виççĕмĕш хут авланать. Сар чăх ăна кун сиктерсе пĕр ылттăн çăмарта туса парать. Анчах пилсĕр упăшкана ку кăна сахал пек туйăнать.

— Ылтăн çăмарта мĕнле хаклă тăнине пĕлместĕн-им, мĕншĕн кун сиктерсе çеç тăватăн çăмартуна? Кахал эсĕ, нумай çывăратăн!—тет вăл, авланнă хыççăн тепĕр эрнерен хăтăрма пуçласа. Ирхине вăл Сар чăхха юри ир авăтса вăратать, апат çиме ларсан—нумай çиетĕн, тесе вăрçать. Пĕррехинче вăл Сар чăх кунĕпех йăваран анманнине асăрхать.

— Тăр-ха, миçе çăмарта тунине шутлам,—тет вăл ăна.

— Эп текех çăмарта тумастăп, чĕп кăларма лартăм,—тет Сар чăх Автан çине пăхма хăраса.

— А-а, текех çăмарта тумастăн?! Чĕп кăларма лартăн?! Апла пулсан, тухса кай ман килтен! Харампырсем кирлĕ мар мана!—сухрашма пуçлать Автан.

— Юрать. Атте-анне килне таврăнатăп. Анчах пурпĕрех чĕп кăларса ÿстеретĕп. Сансăрах ÿстеретĕп,—тет Сар чăх.

Автан кăшкăрашнине лупас çинче хăйĕн савнă мăшăрĕпе кăралтатса ларакан Кăвак кăвакарчăн илтет.

— Намăс сана, Автан! Пĕрремĕш арăмупа пурăнаймарăн, иккĕмĕшĕ, сан мăшкăлна тÿсеймесĕр, çаванса вилчĕ, халь—виççĕмĕшне килтен хăвалатăн. Ответ тыттарас пулать сана!—тет Кăвак кăвакарчăн».

Пасăр сăмах хушнă çамрăк колхозница кунта каллех чăтса тăраймарĕ.

— Вай, тупата мучи! Ку юмах сан Николай Иванч çинчен каланă пекех çке!—терĕ вăл.

— Николай Иванч тăваттă авланнă, ăна уншăн çирĕп ответ тыттарнă,—хушса хучĕ тепри.

— Тăхтăр-ха, тăхтăр, юмах вĕçленмен-ха,—терĕ виççĕмĕш.

Çак вăхăтра улăм ури хыçĕнчен мотор сасси илтĕнсе кайрĕ.

— Юмах вĕçленчĕ. Ăна эсир хăвăр вĕçлерĕр. Ну, çитĕ мĕн кайнипе. Ав, мотор йыхăрать. Тăрса ĕçлер тепĕр кана,—терĕ юмах ăсти, ура çине тăрса.

Тепĕр минутран, пĕр-пĕрипе шăкăлшăкăл калаçса, колхозниксем ĕçе тытăнчĕç.

— Ну, терĕмĕр эпир юлташпа, пĕр-пĕрин çине пăхса,—эпир Иванов çинчен фельетон çырасшăнччĕ, анчах та ку юмах ун пеккисене фельетонран та вирлĕрех пырса çапать.

Вара эпир юмах çумне çакна çеç хушса çырас терĕмĕр:

Каçăр пуçлă Автана аса илтерекен Николай Иванович Иванов Елчĕк районĕнчи Тăрăм ялĕнче çичĕ çул вĕрентмелли шкулта учитель пулса ĕçленĕ. Вăл, йăла тĕлĕшĕнчен пăсăлса кайнăскер, чăнах та тăваттă авланнă. Анчах халĕ вăл пĕр арăмĕпе те пурăнмасть. Çирĕклĕ Шăхальтен илнĕ Л. ятлă пĕрремĕш арăмне уйăрса янă хыççăн, Иванов Аслă Таяпа ялĕнчи Р. ятлă хĕре качча илет. Р. хĕйĕн упăшкине нумаях «ырă» курса пурăнаймасть, ултă уйăхранах, хаяр Ивановăн мăшкăлне тÿсеймесĕр уйрăлса каять. Часах Иванов виççĕмĕш хут авланать те каллех хăйĕн кивĕ йăлине пăрахмасть. Çĕнĕ Тÿскел ялĕнчен илнĕ А.-на вăл каллех тĕрлĕ асап кăтартать, ним сăлтавсăрах кĕвĕçет, нумай çывăран, нумай çиетĕн, урай çума пĕлместĕн, тесе тата тем те пĕр каласа ятласа, мăшкăлласа пĕтерет. Юлашкинчен Иванов ăна, йывăрскере, килтен хăваласа кăларать.

— Ну, — тет вăл, тăваттăмĕш хут авланма шутласа,—эп камне халь пĕлсе çитрĕç. Хамăр районта ĕç тухас çук, кÿршĕ района каяс!

Каланă—тунă. Иванов хальхинче Комсомольски районне каять те Хирти Ĕнелтен М. ятлă хĕре çаклатса илет.

— Николай Иванч татах çĕнĕ арăм туяннă. Анчах нумай пурăнайĕ-ши вăл унпа,—теççĕ ял-йышсем. Чăнах та, Иванов часах тăваттăмĕш арăмне те хăваласа ярать. Анчах та хĕрарăмсем çине выльăхла пăхса нумай ирсĕр ĕçсем тунăшăн çак аскăн этеме партирен кăларса çапаççĕ (паллах, вăл унта ултавлă майпа хĕсĕнсе кĕнĕ пулнă) тата малашне ăна шкулта ачасене вĕрентме ирĕк памалла мар тăваççĕ.

Çапах та Николай Иванч часах йĕркене кĕрессине шанма йывăр. Тен, вăл халь пиллĕкмĕш, улттăмĕш, унтан çиччĕмĕш хут авланасси çинчен шутлать пулĕ?

Сыхланăр, сар хĕрсем! Унăн çепĕç сăмахĕсене илтсе, ирĕлсе ан кайăр.

**А. КАЛКАН,**
**И. СОЛОВЬЕВ.**

# ООН Генеральнăй Ассамблейин VIII-мĕш сессийĕнче

НЬЮ-ЙОРК, сентябрĕн 22-мĕшĕ. (ТАСС). ООН Генеральнăй Ассамблейин сентябрĕн 21-мĕшĕнче пулнă пĕрлехи ларăвĕнче СССР делегацийĕ «Çĕнĕ вăрçă хăрушлăхне сирсе ямалли тата тĕнчери лару-тăрури йывăрлăхсене чакармалли мерăсем çинчен» çакăн пек резолюци проекчĕ тăратнă:

«Генеральнăй Ассамблея çакна палăртать: Корейăра вăрçă ĕçĕсем чарăнса ларни тĕнчери хутшăнусенчи йывăр лару-тăрăва çăмăллатас ĕçре пысăк утăм пулса тăрать, çапла май тĕнчери çĕнĕ вăрçă хăрушлăхне сирсе ярас тĕллĕшпе малалла кирлĕ пек ĕçсене пурнăçлама лайăх условисем пулса тăрĕççĕ.

Çакăнпа пĕрлех Генеральнăй Ассамблея çакна палăртать: чылай çĕршывсенче вăйлăн хĕçпăшалланасси чакмасть вăна мар тата пысăкрах виçесемпе пулса пырать, халăха массăллăн пĕтермелли хĕçпăшал, çак тĕллев валли атомлă энергине усă курас шутпа туса иртнĕ юлашки результатсене пула нумай миллион çынсемшĕн ытларах та ытларах хăрушă вăй пулса тăрать.

Тĕнчери çĕнĕ вăрçă хăрушлăхне чакарас тата мирпе халăхсен хăрушсăрлăхне тĕреклетес тĕллевпе Генеральнăй Ассамблея:

1. Атомлă, водородлă тата халăха массăллăн пĕтерекен ытти йышши хĕçпăшалсемпе усă курма чарса лартасси çинчен пĕлтерет, Хăрушсăрлăх Советне çакăн пек чарса лартнине пĕтĕм тĕнчипе çирĕппĕн тĕрĕслесе тăма май паракан килĕшӳ туса хатĕрлес тата ăна пурнăçлас тĕллĕшпе халех кирлĕ мерăсем йышăнма хушать;

2. Хăрушсăрлăх Совечĕн яланхи 5 членне—США-на, ССР Союзне, Великобритание, Францие тата Китая çулталăк хушшинче хăйсен хĕçпăшаллă вăйĕсене виççĕмĕш пайĕ таран чакарма сĕнет; тĕнчери мирпе хăрушсăрлăха тытса тăрассишĕн çав çĕршывсем ответлă. Вăрçă расхочĕсен йывăрлăхне чакарас шутпа Хăрушсăрлăх Советне кĕске срокра мĕнпур государствăсенче хĕçпăшалсене чакарассине пурнăçлама Пĕтĕм тĕнчери конференци пухма сĕнет:

3. Çакна йышăнать: ют государствăсен территорийĕсенче çар, сывлăш-çар тата тинĕс-çар базисем туса хуни тĕнчери çĕнĕ вăрçăн хăрушлăхне ӳстерет, государствăсен наци суверенитечĕпе никама пăхăнманлăхне хавшатасси патне илсе пырать.

Генеральнăй Ассамблея Хăрушсăрлăх Советне ют территорисенче туса хунă çар базисене пĕтерме мерăсем йышăнма сĕнет. Çак ĕçе вăл çирĕп мир тата халăхсем хушшинче хăрушсăрлăх туса хума кирлĕ пысăк ĕç пулса тăрать тесе шутлать;

4. Хăшпĕр çĕршывсенче халăхсем хушшинче хирĕçӳсем тата пĕр-пĕрне курайманлăха вăйлатас тата тĕнчери çĕнĕ вăрçа хатĕрленес тĕллĕшпе саракан пропагандăна сивлет, ку пропаганда ООН-ăн тĕп принципĕсемпе тата тĕллевĕсемпе килĕшсе тăмасть тесе, мĕнпур государствăсене ăна чарса лартма чĕнет».

НЬЮ-ЙОРК, сентябрĕн 22-мĕшĕ. (ТАСС). Генеральнăй Ассамблейăн сентябрĕн 21-мĕшĕнчи ирхи ларăвĕ СССР делегацийĕн пуçлăхĕ А. Я. Вышинский сăмах калание уçăлнă.

СССР представителĕн сăмахне пысăк интереспе кĕтнĕ. Ассамблея ларăвĕн залĕнче делегатсем, пичет представителĕсем тата хăнасем нумай пулнă.

Совет представителĕ тухса каланине пысăк тимлĕхпе итленĕ. А. Я. Вышинский Генеральнăй Ассамблейăн VIII-мĕш сессине атомлă, водородлă тата халăха массăллăн пĕтермелли ытти йышши хĕçпăшалсемпе усă курма чарса лартасси çинчен пĕлтерме тата яланхи хĕçпăшалсемпе хĕçпăшаллă вăйсене чакарма кирлĕ мерăсем йышăнма чĕнсе каланине нумай делегатсем, пичет представителĕсем тата хăнасем нумайччен алă çупса йышăннă.

А. Я. Вышинский VIII-мĕш сессире пăхса тухма тĕнчери çĕнĕ вăрçă хăрушлăхне сирсе ярас тата йывăр лару-тăрăва çăмăллатас ыйту тăрăх резолюци проекчĕ тăратнă.

Çак ларура Либери представителĕ Купер тухса каланă. Вăл сĕчĕк çĕршывсене атальтарасси çинчен тăракан ыйту çинче чарăнса тăнă. Вăл çакна кăтартса панă: аслă державăсен хăйсемпе кӳршĕллĕ çĕршывсен вăйсăрлăхĕпе усă курмасан, вăйпа хăратас политикăна тытса пымасан, Пĕрлешнĕ Нацисен Организацийĕ ку тĕллĕшпе кирлĕ ĕçсем тума пултарнă пулĕччĕ. Вăйсăр аталаннă çĕршывсене аталантарас ĕçе пĕр раса тепĕр расăна хисеплеменнине пĕтермесĕр пурнăçлама çук, тенĕ Либери представителĕ.

Çакăнпа пĕрлех Либери представителĕ Америка пропаганди саракан «Тимĕр чаршав» текен тахçанах пăрахăça тухнă сăмахсемпе тепĕр хут усă курнă.

НЬЮ-ЙОРК, сентябрĕн 22-мĕшĕ. (ТАСС). ООН Генеральнăй Ассамблейин ĕнер кăнтăрла пулнă пĕрлехи ларăвĕнче Греци тата Перу представителĕсем сăмах каланă.

Греци представителĕ Киру хăйĕн сăмахĕнче «Генеральнăй Ассамблейăн VIII-мĕш сессийĕ унччен иртнĕ сессисенчен лайăхрах условисенче» уçăлнине палăртнă. Корейăри вăрçă «Хĕвелтухăçĕпе Хĕвеланăçĕ хушшинчи хирĕçӳсен пĕр страници» пулнине палăртса, Греци представителĕ çапла каланă: «çак хирĕçӳ» хальхи вăхăтра «пăртак пăйсăрланнă пек» туйăнать.

Киру ССР Союзĕпе халăх демократи çĕршывĕсенчен политикăлла беженецсене, Греци правительстви хĕсĕрленипе çак çĕршывсене тарса кайнă çынсене, каялла тавăрса пама ыйтнă.

Кипр утравĕ çинчен тăракан ыйту çинче чарăнса тăрса, Греци представителĕ çапла каланă: çав утрав çинче пурăнакан халăх Кипр çинчен тăракан ыйтăва Генеральнăй Ассамблейăн кун йĕркине кĕртме ыйтнине Греци правительстви хӳтĕлемерĕ, мĕншĕн тесен Греци правительстви халлĕхе ку ыйтăва Англипе калаçусем иртнине татса пама шутлать. Кипр утравĕ çинче пурăнакан халăх, Киру каланă тăрăх, самоопределени прави пама ыйтать.

Греци, Турци тата Югослави хушшинче тунă çар договорне тӳрре кăларма хăтланса, Киру: çак союза туни вăл Пĕрлешнĕ Нацисен Организацийĕн тĕллевне тивĕçтерет, теме пăхнă.

Перу делегачĕ Белаунде хăйĕн сăмахĕнче хĕçпăшалсене чакарас, ООН-а çĕнĕ членсем илес, Пĕрлешнĕ Нацисен Организацийĕн Уставне çĕнĕрен пăхса тухас тата ытти ыйтусем тăрăх та США государство секретарĕ каланă сăмахсенех тепĕр хут каланă. Перу представителĕ Генеральнăй Ассамблейăна тĕнчере ĕçлĕ активлăх чакни çинчен, пĕр-пĕрин парăмне тӳлесси вăйсăрланни çинчен, вăйсăр аталаннă çĕршывсен экономикăлла пурнăçĕ ҫителĕксĕр пулни çинчен асăрхаттарнă.

НЬЮ-ЙОРК, сентябрĕн 23-мĕшĕ. (ТАСС). Сентябрĕн 22-мĕшĕнче кăнтăрла пулнă пĕрлехи ларура Генеральнăй Ассамблея Совет Союзĕн делегацийĕ кун йĕркине кĕртме çĕнĕрен икĕ ыйту тăратни çинчен Генеральнăй комитет докладне пăхса тухнă. Пĕрремĕш ыйту—«Генеральнăй Ассамблея 1953 çулхи августăн 28-мĕшĕнче йышăннă «С» резолюцие пурнăçа кĕртни çинчен генеральнăй секретарь тăратнă меморандум». Асăннă резолюци генеральнăй секретаре Генеральнăй Ассамблейăн VII-мĕш сессийĕ Корея ыйтăвĕ тăрăх йышăннă сĕнӳсене Китай Халăх Республикипе Демократиллĕ Корея Халăх Республикин правительствисене пĕлтерме хушать. Иккĕмĕш ыйту—«Çĕнĕ вăрçă хăрушлăхне сирсе ямалли тата тĕнчери лару-тăрури йывăрлăхсене чакармалли мерăсем çинчен».

СССР делегацийĕн пуçлăхĕ А. Я. Вышинский, «Генеральнăй Ассамблея 1953 çулхи августăн 28-мĕшĕнче йышăннă «С» резолюцие пурнăçа кĕртни синчен генеральнăй секретарь тăратнă меморандум» çинчен тăракан ыйтăва Ассамблейăн кун йĕркине кĕртме кирлине кăтартса парса, сăмах каланă.

Польша, БССР тата Чехословаки представителĕсем Генеральнăй секретарь меморандумне Генеральнăй Ассамблейăн кун йĕркине кĕртесси çинчен Совет Союзĕ панă сĕнĕве йышăнма кирли çинчен каланă.

Польша представителĕ Кац-Сухи çапла каланă: Генеральнăй Ассамблея, Китай Халăх Республикипе Демократиллĕ Корея Халăх Республики политикăлла конференци çинчен тăракан ыйту пирки тăратнă çĕнĕ сĕнӳсене шута илмесен тата вĕсене сӳтсе явмасан, хăйĕн тивĕçне пурнăçлаймасть. Китай Халăх Республикипе Демократиллĕ Корея Халăх Республикине пĕр енлĕ решенисем йышăнтарма хăтланни нимĕн те пама пултараймасть.

Америка представителĕ Лодж политикăлла конференци хăйĕн ĕçне нейтральнăй çĕршывсем хутшăнасси çинчен тăракан ыйтăва хăй татса пама пултарать тесе каланă пулнă. Кун пирки Кац-Сухи çапла каланă: çак нимĕн çинчен каламан шантару вăл США правительстви политикăлла конференци çинчен тăракан ыйту тĕллĕшпе тытакан килĕшӳсĕр позицие, Ази çĕршывĕсен интересĕсене нимĕн чухлĕ те шута хуман позицие пытарса тăма хăтланни пулать.

БССР представителĕ Киселев çакна палăртнă: Пĕрлешӳллĕ Штатсем «икĕ енĕн» конференцине пухма тăрăшнине нимĕнпе те тӳрре кăларма çук, ку вăл перемири çинчен тунă килĕшĕве хирĕç пырать. Азири Инди, Индонези, Пакистан тата Бирма пек çĕршывсене политикăлла конференци тулашне тăратса хăварма юрамасть, тенĕ Киселев, мĕншĕн тесен çак çĕршывсем Корея ыйтăвне тата Инçет Хĕвелтухăçĕнчи ытти ыйтусене мирлĕн татса парассипе интересленеççĕ. Вĕсен шухăшне шута илмесĕр тăма юрамасть.

Чехословаки делегачĕ Давид хăйĕн сăмахĕнче конференцие «çаврака сĕтел» принципĕпе иртерни Корея ыйтăвне мирлĕн татса пама лайăхрах майсем туса панине палăртнă. Китай Халăх Республикипе Демократиллĕ Корея Халăх Республикин сĕнĕвĕсем шăпах та çак тĕллеве тытаççĕ ĕнтĕ. Давид çакна палăртнă: Азири Инди, Индонези, Бирма тата Пакистан пек çĕршывсене конференци ĕçне хутшăнтарманни политикăлла конференци ĕçне ăнăçлă туса пыма нимĕн чухлĕ те пулăшмасть. Корея ыйтăвне тĕрĕс татса пани асăннă çĕршывсемшĕн пысăк вырăн йышăнса тăрать.

США-па Англи представителĕсем кун йĕркине генеральнăй секретарь меморандумне кĕртесси çинчен Совет Союзĕ Ассамблея тăратнă сĕнĕве хирĕç пулнă.

Югослави представителĕ совет сĕнĕвне сасăланă чухне нихăш майлă та сасăлас çукки çинчен пĕлтернĕ. Вăл Генеральнăй Ассамблейăн кун йĕркине кĕртнĕ ыйтăва—Корея ыйтăвне—пăхса тухнă чухне Корея çинчен тăракан ыйтăва пур енчен те сӳтсе явма пулать, тесе кăтартса панă.

Греци делегачĕ США позицине ырланă.

Кун хыççăн Генеральнăй комитет докладчĕ тăрăх сасăлама тытăннă. Комитет генеральнăй секретарь меморандумне Ассамблея кун йĕркине кĕртмелле мар тесе сĕнӳ тăратнă. 8 çĕршыв—СССР, УССР, БССР, Польша, Чехословаки, Индонези, Бирма тата Швеци представителĕсем çак сĕнĕве хирĕç сасăланă. 10 çĕршыв—Ирак, Йемен, Афганистан, Саудовски Арави, Сири, Ливан, Египет, Гватемала, Аргентина тата Югослави делегацийĕсем нихăш майлă та сасăламан. Инди представителĕ сасăлама хутшăнман. 40 çĕршыв делегачĕсем, вăл шутра Пĕрлешӳллĕ Штатсен, Англи тата Франци делегачĕсем комитет сĕнĕвĕшĕн (урăхла каласан Совет Союзĕн сĕнĕвне хирĕç) сасăланă.

Çакăн хыççăн Генеральнăй Ассамблея пĕр саслă пулса (пĕр делегат нихăш майлă та сасăламан) Генеральнăй Комитет Ассамблея кун йĕркине «Çĕнĕ вăрçă хăрушлăхне сирсе ямалли тата тĕнчери лару-тăрури йывăрлăхсене чакармалли мерăсем çинчен» Совет делегацийĕ тăратнă ыйтăва кун йĕркине кĕртме тата ăна Политикăлла комитетра пăхса тухма парасси çинчен тăратнă сĕнĕве çирĕплетнĕ. Çакăнпа Генеральнăй Ассамблейăн ларăвĕ хупăннă.

# Неру парламентра тулашри политика ыйтăвĕсем тăрăх тухса калани

ДЕЛИ, сентябрĕн 23-мĕшĕ. (ТАСС). Индири информаци бюровĕ пĕлтернĕ тăрăх, çав кунсенче Инди парламенчĕн халăх палатинче Инди премьер-министрĕ Неру Инди правительствин тулашри политики ыйтăвĕсем тăрăх сăмах тухса каланă.

Хăйĕн сăмахĕн пуçламăшĕнче Неру территори ыйтăвĕсем енчен илсен хальхи вăхăтра тĕнчере икĕ пысăк ыйту тăрать, тесе каланă. Вăл ыйтусем—Германин малашлăхĕ тата Инçет Хĕвелтухăç малашлăхĕ çинчен.

ООН Уставне пăхса тухасси çинчен пыракан сăмахсем çинче чарăнса тăрса, Неру çапла каланă: ООН-ран тĕнчери мĕнпур нацисен организацийĕ мар, суйласа илнĕ нацисен организацийĕ туса хурас туртăм пур.

Инди, тенĕ Неру, нумайрах çĕршывсемпе килĕштерсе ĕçлеме тăрăшнă. Инди нацисен тĕрлĕ организацийĕсенче ĕçленĕ пирки, сăмах араб çĕршывĕсемпе Ази çĕршывĕсен ушкăнĕнче ĕçлени çинчен пырать-и е Британи империне кĕрекен çĕршывсем ушкăнĕнче ĕçлени çинчен пырать-и, пурпĕрех, халĕ Индин тĕнчери пĕлтерĕшĕ ӳсрĕ.

ООН-ăн Кашмирти сăнаса тăракан çыннисем çинчен каласа, Неру хăй çав сынсене вырăнсăр айăпланине хирĕç тăнă пулсан та çак факт чăн пулса юлать, тенĕ; юлашки икĕ е виçĕ çул хушшинче хăшпĕр чухне «эпир вĕсен юрăхсăр ĕçĕсене асăрханă, эпир вара çакна хирĕç протестленĕ, мерăсем йышăннă. Эпир хăшпĕр çак сынсене хисепе хумалла мар сынсем тесе пĕлтернĕ, вĕсене вара каялла чĕнсе илнĕ...»

Китая ООН-ра вырăн парасси çинчен тăракан ыйту пирки чарăнса тăрса, премьер-министр çапла каланă: «Формоза утравĕ çинчи хальхи правительство Китай ячĕпе калаçма пултарать тесе кам калама пултарать? Формоза правительстви йышăннă мĕнле те пулсан обязательствăна, тĕрĕссипе илсен, Китайра пурнăçлама пулать-и? Çапла ĕнтĕ, Китай ячĕпе калаçма пултарайман сынсем, Китайра нимĕн те тума пултарайман сынсем, Китая нимĕнле влияни те пама пултарайман сынсем ООН-ра е Хăрушсăрлăх Советĕнче Китай ячĕпе калаçма пултарассĕ тесе калани вăл начах тĕрĕс мар. Ун пек сынсем хăйсем Китайпа кăмăлсăр пулни çинчен кăна калама пултарассĕ. Çакă вăл ООН политикине хирĕç пыракан тĕп самантсенчен пĕри пулса тăрать». Ыйту кунта килĕшни е килĕшмени çинчен тăмасть... Нумаях пулмасть хаçатсем хăшпĕр аслă державăсем Китая илесси çинчен тăракан ыйтăва кăçал е çак сессире пăхса тухма кирлĕ марри çинчен калаçса татăлни çинчен пĕлтерчĕç. Неру çапла каланă: хирĕçӳсем сахалтарах кăларакан ĕçсене, кун пек тума хăшпĕр таран вăхăт кирлĕ пулсан та, эпĕ хирĕç мар, тенĕ. «Анчах та, ман шутпа, куçкĕретĕнех тĕрĕс мар ĕçе ĕмĕрлĕхе хăварма тăрăшаççĕ, пĕтĕм çурта искусственнăй никĕс çинче туса лартма тăрăшаççĕ; политика енчен илсен çакнашкал сынсем логикăран тата ăс-тăнран ытларах та ытларах чакса пыраççĕ пулмалла»...

Корея ыйтăвĕ тăрăх пухăнакан политикăлла конференци пирки Пĕрлешнĕ Нацисен Организацийĕ тăратнă сĕнĕве хирĕç Китай халăх правительстви панă сĕнӳсем çинчен чарăнса тăрса, Неру çапла каланă: Корея ыйтăвĕ тăрăх политикăлла конференци пулмаллипе пурте килĕшрĕç. Çак конференцин йышĕ çинчен тăракан ыйтăва татса парасси кăна юлать. Çакнашкал конференцире решенисене ытларахăш сасăпа йышăнмаççĕ, пурте пĕр шухăшлă пулса йышăнмасан та, интересленекен тĕп çĕршывсен шухăшĕсем пĕр пек пулни тата килĕшни тăрăх йышăнаççĕ.

Ыйту, тĕрĕссипе илсен, тенĕ вăл, çак конференцире нейтральнăй çĕршывсем пулма кирли çинчен пырать. Неру çапла кăтартса панă: Инди шучĕпе, çакăн пек çĕршывсем конференцире пулни кирлĕ, вĕсем хăшпĕр чухне хирĕçӳсене çемçетме тата йывăр лару-тăрăва çăмăллатма пулăшма пултараççĕ.

Демократиллĕ Корея Халăх Республики. Корея халăхĕ, Отечественнăй вăрçăра çĕнтерни хыççăн, мирлĕ ĕçе тытăннă.

Демократиллĕ Корея Халăх Республикинче хуласемпе поселоксене, фабрикăсемпе заводсене юсаççĕ. Вăрçă вăхăтĕнче Америкăн сывлăшри вăрă-хурахĕсем водохранилищĕсен пĕвисене татса янă, халĕ çав пĕвесене çĕнĕрен пĕвелеççĕ.

УКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: хресченсем Сунан водохранилищин пĕвине юсаççĕ.

## Бумацендэ вилнĕ

УЛАН-БАТОР, сентябрĕн 23-мĕшĕ. (ТАСС). Паян Монголири революциллĕ халăх партийĕн вăтă деятелĕ, Монголи Халăх Республикин Аслă Халăх Хурал Президиумĕн председателĕ Гончигиин Бумацендэ вилнĕ.

## Китай Халăх Республикипе Цейлон хушшинчи суту-илӳ вăйланса пырать

ЛОНДОН, сентябрĕн 23-мĕшĕ. (ТАСС). Рейтер агентстви Коломборан пĕлтернĕ тăрăх, Цейлон ют çĕршыв ĕçĕсен министерстви паян Цейлонпа Китай хушшинче суту-илӳ килĕшĕвĕ туни çинчен пĕлтернĕ. Çак килĕшӳ тăрăх, Китай Халăх Республики Цейлона рис сутать, Цейлонран каучук илсе тăрать.

Ют çĕршыв ĕçĕсен министерствинче пĕлтернинче çапла кăтартса панă: çĕнĕ килĕшӳ Китайпа Цейлон хушшинчи туслă хутшăнусене аталантарас ĕçре малалла утăм туни пулать. Пĕлтерӳре калаçусем туслăн иртнине палăртнă.

## ДЕМОКРАТИЛЛĔ ГЕРМАНИ РЕСПУБЛИКИН ÇĔР КĂМРĂК ПРОМЫШЛЕННОÇĔНЧИ САТАРÇАСЕМПЕ ШПИОНСЕН УШКĂННЕ СУД ТУНИ

БЕРЛИН, сентябрĕн 22-мĕшĕ. (ТАСС). Демократиллĕ Германи Республикин Верховнăй судĕнче Демократиллĕ Германи Республикин çĕр кăмрăк промышленность предприятийĕсенче сăтăрла ĕçсем туса тăнă сăтăрçăсемпе шпионсен ĕçне пăхса тухма пуçланă. Айăпланакансен тенкелĕ çинче 8 сăтăрçă. Вĕсене Отто Флейшер ертсе пынă.

Хăйсен сăтăрла ĕçĕсене айăпланакансем Демократиллĕ Германи Республикинче Америка тата Хĕвеланăç Германи империалисчĕсем панă заданисем тăрăх туса пынă. Вĕсем Рур валли туса хунă тĕнчери орган текен организаципе Хĕвеланăç Берлинри «ирĕклĕ юристсен следстви комитечĕ» текен организацие шпионла сведенисем парса тăнă. Çак шпионла-сăтăрла ушкăн Хĕвеланăç Германири тата Америкăри капитализмла монополисен представителĕсемпе çыхăнса тăнă.

## Вьетнам халăх çарĕн çитĕнĕвĕсем

ПЕКИН, сентябрĕн 23-мĕшĕ. (ТАСС). Синьхуа агентстви çапла пĕлтерет: Вьетнамри информаци агентствинчен илнĕ хыпар тăрăх, сентябрĕн 14-мĕшĕнче Вьетнам халăх çарĕн чаçĕсем французсем оккупацилесе тăракан Хунг-Ен провинцийĕн столицинчен 5 километрта вырнаçнă Чур-Банри тăшманăн командăнăй пунктне çĕмĕрсе тăкнă. Официальнăй йĕркепе пĕлтернĕ тăрăх, тăшманăн 2 ротине çĕмĕрсе тăкнă. Çавăн пекех тăшманăн 6 тупă, 3 танк, 23 грузовик, виллис тата амфиби-автомашина пĕтернĕ.

Çакăнччен пĕр эрне маларах Вьетнам халăх çарĕн чаçĕсем Хунг-Ен провинцийĕнче тăшманăн пĕр ротине çĕмĕрсе тăкнă. Çавăн пекех тата çак провинцире июлĕн 27-мĕшĕнчен пуçласа августăн 25-мĕшне çитиччен тăшманăн 280 салтакне вĕлернĕ е амантнă. Çак тапхăр хушшинче тăшманăн автомашинисемпе танкĕсене 50 ытла тата йывăр пулеметсене нумай пĕтернĕ.

### ИРАНРИ ЛАРУ-ТĂРУ

ТЕГЕРАН, сентябрĕн 23-мĕшĕ. (ТАСС). «Кейхан» хаçат пĕлтернĕ тăрăх, юлашки вăхăтра Тегеранра темиçе çĕрте пысăках мар демонстрацисем пулса иртнĕ. «Шах» тата «Джаме» мечечĕсенче турра пуççапма пынă çынсем лозунгсем каланă. Çар губернаторĕ каланă тăрăх, ку лозунгсем «çĕршыв интересĕсене хирĕç пыраççĕ».

Çар влаçĕсем хăшпĕр çынсене арестленĕ, «Джаме» мечетĕнче вара пăшалсемпе пенĕ. Мечетсенче арестленĕ çынсем хушшинче—меджлис депутачĕ Назер-Заде Кермани.

Çар губернаторĕ пĕлтернинче каланă тăрăх, арестленĕ çынсене Луристан провинцине кăларса янă.

«Кейхан» хаçат пĕлтернĕ тăрăх, арестленĕ «халăх парти членĕсене» 100 çынна сентябрĕн 18-мĕшĕнче çĕрле Луристан провинцине кăларса янă.

«Эттелаат» хаçат юлашки виçĕ кун хушшинче çар влаçĕсем Тегеранра 80 çынна арестлени çинчен пĕлтерет.

ТЕГЕРАН, сентябрĕн 23-мĕшĕ. (ТАСС). Хаçатсем пĕлтернĕ тăрăх, Абдолл Энтизама Иран ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕ пулма уйăрса лартнă.

### ЕВРОПĂРИ УЛТĂ ÇĔРШЫВ МИНИСТРĔСЕН РИМРИ КАНАШЛĂВĔ

РИМ, сентябрĕн 22-мĕшĕ. (ТАСС). Паян Римра Европăри ултă çĕршыв — Франци, Хĕвеланăç Германи, Итали, Бельги, Голланди, Люксембург представителĕсен канашлăвĕ уçăлнă. Канашлăва ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕсен заместителĕсем тата экспертсем хутшăнаççĕ. Вĕсен задачи «Европăри политикăлла пĕрлешӳ» текен союз туса хурасси çинчен договор проектне сӳтсе явса хатĕрлесси пулать.

## США Чилие хĕсет

БУЭНОС-АЙРЕС, сентябрĕн 23-мĕшĕ. (ТАСС). Чилири хаçатсем пĕлтернĕ тăрăх, Чили правительстви нумаях пулмасть демократиллĕ çĕршывсемпе суту-илӳ тума чаракан декретсене пăрахăçа кăларасси çинчен решени йышăннă. Çав решенисене тепĕр хут пурнăçа кĕртмелле тăвас тĕллĕшпе США Чилие хытă хĕсет.

«Эль Сигло» хаçат çырнă тăрăх, Чили çине пĕр вăхăтрах икĕ енчен тапăнаççĕ: пĕр енчен США правительстви, тепĕр енчен—Чилире пăхăр кăларакан Америка предприятийĕсен руководителĕсем. «Кунсăр пуçне,—тесе çырать хаçат,—Америкăн Чилири дипломатиллĕ представителĕсем те хытă хĕсеççĕ. Вĕсем Чилире пăхăр кăларас тата ăна сутас ĕçе пĕтĕмпех американецсен интересĕсемшĕн туса пыртарасшăн».

## Тавар çаврăнăшĕ ӳсет

СĔМĔРЛЕ. Хутар ялĕнчи тавар çаврăнăш планне уйăхран-уйăха ирттерсе тултарать. Пĕрремĕш çур çулта халăха 1.235 пин тенкĕлĕх тавар сутнă, планă 105 процент тултарнă. Иртнĕ уйăхри тавар çаврăнăш планне 130 процент тултарнă. Уйрăмах М. Карпова, Е. Осипов, И. Кадыков продавецсем ĕçре лайăх тĕслĕхсем кăтартнине палăртмалла.

Кăçалхи пĕрремĕш çур çулта, иртнĕ çулхи çав тапхăрпа танлаштарсан, мотоциклсем, велосипедсем, радиоприемниксем тата ытти таварсем те нумай ытларах сутнă.

В. АЛЬЦЕВ.

*Футбол*

## Облпрофсовет кубокне Çĕмĕрле футболисчĕсем илнĕ

Облпрофсоветăн кубокне илессишĕн пыракан футбол вăййисем вĕçленчĕç. Çак вăййисене кăçал профсоюз обществисен 20 команди хутшăннă.

Çурмафиналти вăййăсем Канашпа Сĕнтĕрвăрринче пулса иртнĕ. Канашри вагонсем юсакан завод командипе Çĕмĕрлери «Урожай» спорт обществин командисем хушшинчи вăййă 2:1 шутпа çĕмĕрлесем çĕнтернипе вĕçленнĕ. Шупашкарти «Знамя» спорт обществин команди Сĕнтĕрвăрринчи «Красная звезда» спорт обществин командине 2:1 шутпа çĕнтернĕ.

Финалти вăййă Шупашкарта пулса иртрĕ. Çĕмĕрлери комбайн пайĕсем тăвакан завод командипе «Урожай» спорт обществин командисем тĕл пулса вылярĕç. Вăййă 2:0 шутпа комбайн пайĕсем тăвакан завод команди çĕнтернипе вĕçленчĕ. Çапла вара çак команда Облпрофсоветăн кубокне илме тивĕçлĕ пулчĕ.

К. НИКИШЕВ.

## Ĕççынни депутачĕсен Шупашкар хула Совечĕн сессине пухасси çинчен

Ĕççынни депутачĕсен Шупашкар хула Совечĕн исполкомĕ хула Совечĕн депутачĕсене çакăн çинчен пĕлтерет: ĕççынни депутачĕсен Шупашкар хула Совечĕн (тăваттăмĕш созыври) улттăмĕш сессийĕ 1953 çулхи сентябрĕн 29-мĕшĕнче, ытларикун, каçхине 7 сехетре пухăнать.

Лару Советсен çуртĕнче, ларусем иртермелли Пысăк залра (Ленинградски урам, 42-мĕш çурт) пулать.

ĔÇÇЫННИ ДЕПУТАЧĔСЕН ШУПАШКАР ХУЛА СОВЕЧĔН ИСПОЛКОМĔ.

* * *

Сентябрĕн 25-мĕшĕнче, 19 сехетре, КПСС хула комитечĕн библиотека çуртĕнче парти историне вĕренмелли пĕрремĕшпе иккĕмĕш çул ĕçлекен кружоксен руководителĕсен тата политшкулсен (пĕрремĕшпе иккĕмĕш çул ĕçлекеннисен) руководителĕсен семинарĕсем пулаççĕ.

Семинарта пăхса тухмалли тема: «Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕ 50 çул тултарни».

Семинарсене А. В. Орленко тата З. В. Кустарникова юлташсем ирттерĕççĕ.

КПСС ХУЛА КОМИТЕЧĔ.

*„Коммунизм ялавĕ" хаçатăн çитес номерĕ сентябрĕн 27-мĕшĕнче тухать.*

Редактор В. Я. ЯКОВЛЕВ.

## К И Н О

«УДАРНИК»—сентябрĕн 25-мĕшĕнче тата малашне те кашни кунах илемлĕ фильм «Звезда». Сеанссем пуçланаççĕ: 14 сехетре 15 минутра, 16 с. 15 м., 18 с. 15 м. 20 с. 15 м. тата 22 с. 15 м.



РЕДАКЦИ АДРЕСĔ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5, Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-87, редактор заместителĕ—4-17, ответлă секретарь—4-26, секретариат—3-54, промышленность пайĕ—5-74, информаци пайĕ—13-37, парти пурнăç пайĕ—3-99, ялхуçалăх пайĕ—3-97, культура пайĕ—8-61, совет строительстви пайĕ—8-61, çырусен пайĕ—7-32, издательство кантурĕ—0-23.

НТ 01475 Типография № 1 Министерства культуры Чувашской АССР. Тираж 20.000 экз.